ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Февраль
6
ЭРНЕКУН
№ 25 (8934)
35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



## ĔÇÇЫННИСЕМ ХУШШИНЧИ ПОЛИТИКĂЛЛĂ ДОКЛАДСЕМПЕ ЛЕКЦИСЕМ

Совет халăхне коммунизм çулĕпе малалла ертсе пыракан Ленин—Сталин партийĕ хăйĕн пĕтĕм ĕçĕсене революциллĕ марксистла наука вĕрентнĕ тăрăх туса пырать. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕ тата партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисем марксистла-ленинла наукăна малалла аталантарса çулĕрех пусăма çĕклерĕç тата совет çыннисене коммунизм тумалли программăпа хĕçпăшаллантарчĕç.

Коммунизм тăвасси çинчен Сталин юлташ хатĕрленĕ чаплă программа çине таянса, парти хăйĕн малашнехи тĕп задачисене палăртрĕ. Совет çыннисем съезд йышăннă историллĕ решенисене пысăк çĕкленӳпе кĕтсе илчĕç.

1952 çулта—пилĕкçуллăхăн иккĕмĕш çулĕнче—социализмлă экономикăна малалла аталантарса вăйлатас ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тунă. Çакă вăл ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли государство планне 1952 çулта тултарни çинчен пĕлтерничен лайăх курăнать. Çапла вара, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана пĕтĕмĕшпех срокчен тултарма лайăх условисем туса панă. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарни социализмран коммунизм патне аталанса пымалли çул çинче пысăк утăм туни пулса тăрать.

Социализмран коммунизма куçнă тапхăрта ĕççыннисене коммунизмла воспитани пани пысăк вырăн йышăнса тăрать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ парти организацийĕсене идеологиллĕ ĕçе хакламаннине тĕпрен пĕтерме, çак ĕçе партипе государствăн пур сыпăкĕсенче те вăйлатма, марксизмшăн ют идеологин кирек мĕнле палăрăмĕсене те ывăнма пĕлмесĕр тăрă шыв çине кăларса пыма хушса хăварчĕ. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисенче çакăн пек задача лартнă: идейăллă воспитани памалли мĕнпур майсемпе усă курса, рабочисен, хресченсен тата интеллигенцин политикăллă сисĕмлĕхне ӳстерсе пымалла.

Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем идеологиллĕ ĕçе çĕнĕ пусăма çĕклеме май пачĕç. Коммунистсем, хулапа ялти ĕççыннисен партире тăман анлă массисем тата интеллигенци съезд йышăннă решенисене, Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ ĕçне тĕплĕн тата çине тăрса вĕренме тăрăшаççĕ.

Ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас, вĕсен ăс-тăнĕнче сыхланса юлнă капитализм юлашкисене пĕтерес ĕçре политикăллă докладсемпе лекцисем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Çавăнпа та çак ĕçе мĕнпур парторганизацисен, мĕнпур пропагандистсен, докладчиксен тата лекторсен тивĕçлипе хакласа туса пымалла.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ идеологи ыйтăвĕсем тĕлĕшпе йышăннă решенисене тата партин XIX-мĕш съезчĕн кăтартăвĕсене пурнăçласа, республикăри парти организацийĕсем массăллă-политикăллă ĕçе лайăхлатрĕç.

Республикăри предприятисемпе колхозсенче ĕççыннисен пухăвĕсем пулса иртеççĕ, унта «Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем тата пирĕн çĕршывра коммунизм тăвас тĕлĕшпе тăракан задачăсем» темăпа докладсем туса параççĕ. Докладсене, пуринчен ытла, партипе советăн ертсе пыракан работникĕсем иртереççĕ.

Кунсăр пуçне, вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май, Сталинла Конституци çинчен, совет суйлав системи, социализмлă демократи буржуалла демократирен малта тăни çинчен ĕççыннисене сахал мар лекцисем туса панă.

Ĕççыннисем хушшинче лекцисемпе докладсем иртерес ĕçре парторганизацисем нумайăшĕ паха опыт пухрĕç. Ку тĕлĕшпе, сăмахран, Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозри парторганизаци лайăх ĕçленине палăртмалла. Кунта колхозниксемпе колхозницăсем валли тăтăшах лекцисемпе докладсем пулаççĕ. Колхозра иртерекен докладсемпе лекцисен тематикинче тĕрлĕ темăсем пур. Политика, çутçанталăкпа наука темисемпе пулакан лекцисене итлеме колхозниксем хавасланса çӳреççĕ. Парторганизаци лекторсен ушкăнĕн ĕçĕпе куллен интересленет, лекцисене идейăпа политика тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра иртерме тăрăшать.

Колхозниксене съезд решенийĕсем çинчен ăнлантарса пама тата суйлав умĕнхи агитациллĕ-массăллă ĕçе туса пыма парторганизаци тĕплĕ план туса хатĕрленĕ. Колхозниксем валли кунта съезд решенийĕсен историллĕ пĕлтерĕшĕ çинчен ăнлантарса пама чылай докладсемпе лекцисем иртернĕ.

Политикăллă докладсемпе лекцисем иртерес ĕçе лайăх йĕркелени çинчен ытти тĕслĕхсем те илсе кăтартма пулать. Анчах ку питех те кирлĕ ĕçре çитменлĕхсем те сахал мар. Сăмахран, Шупашкар районĕнчи Чапаев ячĕпе тăракан тата «Красное знамя» колхозсенче докладсемпе лекцисем сайра хутра кăна пулаççĕ. Ку парторганизацисем колхозниксене партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем çинчен ăнлантарса парассине тивĕçлипе хакламаççĕ-ха. КПСС Шупашкар райкомĕ докладсемпе лекцисем иртерес ĕçе тивĕçлипе ертсе пымасть.

Массăллă-политикăллă ĕçе партипе совет органĕсен ертсе пыракан работникĕсем хăйсем куллен хутшăнмасăр тивĕçлипе туса пыма çук. Вĕсен колхозниксемпе рабочисен тата интеллигентсен пухăвĕсенче тăтăшах политикăллă докладсем туса памалла. Апла пулин те, партипе советăн ертсе пыракан хăшпĕр работникĕсем ĕççыннисене докладсем туса парассинчен тĕрлĕ сăлтавсемпе пăрăнма пăхаççĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем çинчен ăнлантарса парассине идея тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра иртермелле. Кашни совет çынни съезд йышăннă решенисене пурнăçлас тĕлĕшпе хăйĕн умĕнче, предприяти, колхоз, МТС умĕнче тăракан задачăсене тĕплĕн пĕлсе тăтăр, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлассишĕн социализмлă ăмăрту анлăн сарăлтăр.

Съезд решенийĕсем çинчен ăнлантарас тĕллевпе КПСС обкомĕ парти организацийĕсене рабочисем, колхозниксем тата интеллигенци валли иртермелли лекцисемпе докладсен тематикине пачĕ. Çав тематика тăрăх колхозсенче, МТС-сенче тата предприятисенче пуринче те лекцисем иртерес ĕçе лайăх йĕркелеме тăрăшас пулать.

Партиллĕ пропаганда ĕçĕн, политикăллă докладсемпе лекцисем иртерес ĕçĕн ыйтăвĕсем çине парти организацийĕсен тимлĕ пăхмалла. Ку ыйтусене тăтăшах бюро ларăвĕсенче, пленумсенче, парти пухăвĕсенче сӳтсе явмалла.

Вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленмелли кампани ответлă тапхăра кĕчĕ. Пропагандистсемпе агитаторсен тата парторганизацисен коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блок кандидачĕсемшĕн агитацилесси çине питĕ тимлĕ пăхмалла. Суйлава мĕнпур суйлавçăсене хутшăнтармалла тата мĕнпур кандидатсене пĕр шухăшлă пулса депутата суйламалла тăвас пулать.

Докладсемпе калаçусене предприяти, колхоз, МТС, учреждени умĕнче тăракан задачăсемпе тачă çыхăнтарса иртерни кăна ăнăçлăх пама пултарать. Докладсенче кулленхи пурнăçран илнĕ тĕслĕхсем тăрăх производствăна ӳстермелли çулсене, усă курман майсене кăтартса памалла, государство интересĕсене хакламан çынсене тăрă шыв çине кăлармалла, ĕççыннисене коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантарса пымалла.

Ĕççыннисем хушшинчи идеологиллĕ ĕç рабочисемпе хресченсен сыхăлăхне ӳстерес, вĕсене коммунизмла воспитани парас тĕлĕшпе пысăк вырăн йышăнса тăрать. Идейăллă воспитани ĕçне, партиллĕ пропагандăпа агитацие ĕççыннисен политикăллă сыхăлăхне вăйлатас тĕллевпе туса пымалла.

### Пĕтĕм Союзри социализмлă ăмăртура мала тухнă

Еçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод коллективĕ, Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисемпе, съездра И. В. Сталин юлташ тухса каланă сăмахпа тата унăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕпе хавхаланса ĕçлесе, 1952 çулхи IV-мĕш кварталта пысăк çитĕнӳ тунă. Завод кварталти плана пур кăтартусем тăрăх та ăнăçлă тултарнă.

СССР Электропромышленность министерствине пăхăнса тăракан предприятисем 1952 çулхи IV-мĕш кварталта ăмăртса ĕçлени итогĕсене пăхса тухса, СССР Электропромышленность министерствипе ВЦСПС ăмăртура Еçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод пĕрремĕш вырăна тухнине палăртнă, ăна СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне тата преми памалла тунă.

Завод кăçалхи январь уйăхĕнчи плана та иртерсе тултарнă.

# Совет Союзĕ тăрăх

### МТС-сем ÇУРАКИНЕ ХАТĔРЛЕННИ

Çĕршыври МТС-сенче тракторсемпе ытти машинăсене çуркуннехи уй-хир ĕçĕсене тума лайăх хатĕрлесе çитерессишĕн ăмăрту анлăн сарăлнă. Февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне мастерскойсем кăçал юсамалли машинăсенчен çуррине юсаса кăларнă. Краснодар тата Ставрополь крайĕсенче, Тутар АССР-ĕнче, Курган, Молотов, Свердловск облаçĕсемпе ытти чылай облаçсенче иртнĕ январь уйăхĕнче тракторсем графикра кăтартничен ытларах юсанă. Çак ĕçе Украина ССР-ĕнче лайăх туса пыраççĕ.

Грузире, Арменире тата Киргизире тракторсемпе машинăсене юсаса çитереççĕ.

МТС-сен мастерскойĕсенче малта пыракан çĕнĕ ĕç меслечĕпе усă кураççĕ. Çĕршыври МТС-сенчен виçĕ пайĕнчен иккĕ пайĕнче тракторсене узловой меслетпе юсаççĕ. Çак меслетпе юсанă чухне ĕç иккĕ хут хăвăртрах тата пысăк пахалăхлă пулать.

Ростов облаçĕнчи Ремонтнински тата Ленински МТС-сем, Краснодар крайĕнчи Платнировски МТС, Полтава облаçĕнчи Манжелеевски МТС, Ворошиловград облаçĕнчи Осиновски МТС, Одесса облаçĕнчи Великомихайловски МТС тата ытти чылай МТС-сем темиçе çул хушши ĕнтĕ çĕнĕ меслетпе ĕçлеççĕ. Асăннă МТС-сем кăçал та çĕршывра чи малтан тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене юсаса çитернĕ.

Вырăнсенче МТС-сем çуракине хатĕрленсе çитнине массăллăн тĕрĕслеме тытăннă. (ТАСС).

### Миллионер-колхозсем

КРАСНОДАР, февралĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Кубаньри колхозсенче отчетлă пухусем пулса иртеççĕ. Вĕсем колхозсен хуçалăхĕ ӳссе пынине кăтартса параççĕ.

Иртнĕ çулсенче уйрăм колхозсем çеç миллионшар тенкĕлĕх тупăш илнĕ. Халĕ крайри 29 районта пур ялхуçалăх артелĕсем те миллионерсем пулса тăнă.

Красноармейски районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕ чи пысăк тупăш илнĕ. Унăн тупăшĕ 15 миллион тенке çитнĕ. Нумай отраслĕллĕ çак хуçалăх тĕштырăсемсĕр пуçне, рис, хĕвелçаврăнăш, техникăллă культурăсем ӳстерет. Колхозăн пысăк сад, виноградник, çимĕçсене шăварса ӳстермелли пахча пур, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç вăйлă аталаннă.

Колхозра иртнĕ çулта 6 километр тăршшĕ водопровод тунă, типовой витесем 10 тата ытти çурт-йĕр нумай туса лартнă. Халиччен шыв тăнă вырăнсене типĕтсе, унти çĕрпе усă курас тĕлĕшпе нумай ĕçлеççĕ.

Мичурин ячĕпе тăракан колхозра кăçал тупăшсене 18—20 миллион тенке çитерме палăртнă.



Сталинград порчĕ—пилĕк тинĕс порчĕ, Совет Союзĕнчи чи пысăк портсенчен пĕри. Портри ĕçсене тунă чухне хăватлă техникăпа усă кураççĕ. Портра ĕçлекенсем, 1953 çулхи навигацие лайăх кĕтсе илес тесе, мĕнпур механизмсене срокчен 10 кун малтан хатĕрлесе çитерме пулнă. Вĕсем хушшинче вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе ăмăрту анлăн сарăлнă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: портра механизмсене мĕнле юсанине тĕрĕслеççĕ.

В. СОБОЛЕВ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Аслă стройкăсен заказĕсене срокчен пурнăçлаççĕ

ЧЕЛЯБИНСК. Кăнтăр Уралти вуншар предприятисем коммунизмăн аслă стройкисен хисеплĕ заказĕсене пурнăçлаççĕ. Кусари машинăсем тăвакан завод çав предприятисен шутне кĕрет. Кунти машиностроительсем декабрь уйăхĕнче планран иртерсе шыв уçламалли 15 насус тунă, насуссене «Куйбышевгидростроя» ярса панă. Январь уйăхĕнче тата 13 насус туса, строительсем патне ярса панă, çапла вара кăçалхи пĕрремĕш кварталти заказа пурнăçланă.

Челябинскри Колющенко ячĕпе тăракан завод январь уйăхĕн юлашки кунĕнче Сталинград гидроэлектростанци строителĕсем патне 8 бульдозер ярса панă. Кун хыççăн завод коллективĕ Куйбышев гидроузелне тăвакансен заказне пурнăçланă, вĕсем патне 25 бульдозер ăсатнă.

Челябинскри трактор завочĕн коллективĕ те коммунизмăн аслă стройкисен заказне пурнăçлать, вĕсене «Сталинец-80» текен гусеницăллă хăватлă тракторсем туса парать. Январь уйăхĕнче вуншар машина туса пачĕ.

ХАРЬКОВ. Электротехнически завод коллективĕ Куйбышев гидроэлектростанцине тăвакансем патне пĕр ушкăн электродвигательсем ярса панă.

Предприяти работникĕсем хисеплĕ заказа пурнăçланă чухне çĕнĕ ĕç пуçарнă. Моторсем тăвакан пĕрремĕш цехри укладчица Васильева юлташ хăйĕн ĕç вырăнне çĕнĕлле организациленĕ, секцисене вырнаçтарса лартмалли çĕнĕ май тупнă. Вара цехри пур укладчицăсем те стахановка пек ĕçлеме тытăннă. Вĕсен ĕç тухăçлăхĕ 50 процент ӳснĕ. Çĕнĕ технологие ĕçе кĕртни кашни мотора иккĕ сехет хăвăртрах туса кăларма май панă.

Февралĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС).

### Çăкасене хĕлле куçарса лартни

Мускавра сивĕ кунсем тăраççĕ. Площадьсемпе урамсенче юр выртать. Çак вăхăтрах Воробьевски шоссе хĕррисене нумай çул ӳснĕ йывăççем лартаççĕ.

Кунта Мускав çывăхĕнчи совхозсенчен аллăшар çул ӳснĕ çăкасене автомашинăсемпе турттарса килеççĕ. Йывăççене автокрансемпе çĕклесе, малтанах чавса хунă шăтăксене вырнаçтарса лартаççĕ, йывăç тымарĕсене малтанах хатĕрлесе хунă тăпрапа хăвăрт витсе хураççĕ. Шоссен пĕр участокĕнче çывăх вăхăтра 200 ытла çăка лартаççĕ.

Кăçалхи пĕрремĕш кварталта Ленинградски шоссе хĕррипе, Мускаври университетăн çӳлĕ çурчĕн территорийĕнче — Ленински тусем çинче тата Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставки патне пымалли вырăнсенче йывăççем лартаççĕ.

Столицăра çуркунне пуличчен тĕрлĕрен йывăççем 2 пин ытла куçарса лартма йышăннă.

(ТАСС).

## СССР Наука академийĕн пĕрлехи пухăвĕ

Мускаври Ученăйсен çуртĕнче февралĕн 2-мĕшĕнче СССР Наука академийĕн пĕрлехи пухăвĕ хупăннă. Наука академийĕн пĕрлехи пухăвĕ партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем тăрăх совет наукине малалла аталантарса пырасси çинчен тата И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенине сӳтсе явнă.

СССР Наука академийĕн президенчĕ А. Н. Несмеянов академик тунă докладра, паллă ученăйсем нумайăшĕ тухса каланă сăмахсенче парти съезчĕ йышăннă историллĕ решенисем тата И. В. Сталин юлташăн гениллĕ произведенийĕ наука умне питĕ пысăк задачăсем кăларса тăратнине кăтартса панă. Тухса калакансем наукăн питĕ паха пайĕсене малалла аталантармалли сĕнӳсем панă; тĕпчев ĕçĕсене организацилес енĕпе пулнă çитменлĕхсене критикленĕ, идеологиллĕ ĕçе вăйлатни, сыхăлăха малалла ӳстерни кирлине палăртнă. Пренире çак академиксем тухса каланă: М. А. Лаврентьев, В. В. Виноградов, А. А. Благонравов, О. Ю. Шмидт, Г. М. Кржижановский, Д. С. Белянкин, А. М. Терпигорев, И. Э. Грабарь, Н. М. Аничков, Н. Н. Семенов, И. Г. Петровский тата ыттисем те.

СССР Наука академийĕн член-корреспонденчĕ П. Ф. Юдин пухура «И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă ĕçĕ — обществăллă наукăсене аталантармалли никĕс» темăпа доклад тунă.

— Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ — марксизм-ленинизма пуянлатакан питĕ паха ĕç, — тесе каланă докладчик.—Социализмăн политикăллă экономине тĕплĕн никĕслесе панă, çак наука историри пысăк пĕлтерĕшлĕ открытисемпе пуянланчĕ.

И. В. Сталин юлташ социализмран коммунизма куçмалли çулсем çинчен панă наукăллă положенисем марксизм-ленинизма пуянлатрĕç. Çак положенисенче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет государствин опытне пĕтĕçтернĕ. Коммунизма куçмалли условисене хатĕрлесе çитерме мĕнле экономикăллă, политикăллă тата культурăллă задачăсене татса памаллине халĕ ĕнтĕ пирĕн парти уççăн курса тăрать.

Сталин юлташăн çĕнĕ ĕçĕн пĕтĕм тĕнчери пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк. Хальхи вăхăтри капитализмăн экономикăллă тĕп законне уçса палăртни капитализмлă тата колониллĕ чуралăха хирĕç кĕрешекен мĕнпур боецсене хальхи вăхăтри капитализмăн тупсăмне уççăн пĕлсе тăма пулăшать.

Юдин юлташ хăшпĕр обществăллă наукăсем хальхи вăхăтра мĕнле аталанса пыни çинчен каланă. Юлашки çулсем хушшинче совет ученăйĕсем хаклă кĕнекесем чылай пичетлесе кăларнине палăртса, докладчик халĕ те çаплах наука тĕлĕшĕнчен вăйсăр, идея тĕлĕшĕнчен пăсăк ĕçсем пуррине палăртнă. Экономика, философи, право наукисем енĕпе пысăк çитменлĕхсем пур. И. В. Сталин юлташăн ĕçĕ пичетленсе тухнă хыççăн та, палăртать докладчик, çиелтен çырнă, самокритикăсăр, ыйтусене çиелтен çеç пăхса тухакан статьясем пичетленсе тухнă. СССР Наука академийĕн член-корреспонденчĕ П. Н. Федосеев халĕ те çаплах, унăн позицине тăрă шыв çине кăларнă хыççăн та, чееленме тата хăйĕн йăнăшĕсене пăлса лартма хăтланать.

Юдин юлташ доклачĕ тăрăх пренире СССР Наука академийĕн член-корреспонденчĕ К. В. Островитянов, академиксем Г. Ф. Александров, М. Б. Митин тухса каланă.

СССР Наука академийĕн член-корреспонденчĕ Л. А. Леонтьев тата экономикăллă наукăсен докторĕ Л. М. Гатовский хăйсем политикăллă экономи ыйтăвĕсем тĕлĕшпе тунă субъективистла йăнăшсене критикленĕ.

А. Я. Вышинский академик хăйĕн сăмахĕнче И. В. Сталин юлташăн ĕçĕ пĕтĕм тĕнчипе питĕ пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă. Оратор пĕтĕм тĕнчери право теорине аталантарас ыйтусем çинчен тĕплĕн каланă. Вăл право науки юлса пынине, «Советское государство и право» журналти пысăк çитменлĕхсене, Право институчĕ пичетлесе кăларнă, СССР Наука академийĕн член-корреспонденчĕ Е. А. Коровин редакциленĕ «Международное право» ятлă кĕнекери йăнăшсене, çавăн пекех ытти ученăйсен ĕçĕсенчи йăнăшсене хытă критикленĕ. Вышинский юлташ çакна палăртнă: совет ученăйĕсен буржуалла юридически наука деятелĕсен наукăна хирĕçле пыракан «произведенийĕсене» тăрă шыв çине кăларса пымалла, çав буржуалла деятельсем капитализмлă çĕршывсенчи пичетре тĕрлĕрен суя шухăшсем сараççĕ, пĕтĕм тĕнчери право принципĕсене сирсе пăрахаççĕ, Америкăпа Англири вăрçă чĕртекенсен преступникла тĕллевĕсене пурнăçлама пулăшса пыраççĕ.

СССР Наука академийĕн пĕрлехи пухăвĕ А. Н. Несмеяновпа П. Ф. Юдин доклачĕсем тăрăх постановлени йышăннă. Постановленире совет ученăйĕсене КПСС XIX-мĕш съезчĕ тата Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕнче кăтартса панă задачăсене хăвăртрах пурнăçлассишĕн мĕнпур вăя тата пĕтĕм пĕлĕве парса ĕçлеме чĕннĕ.

СССР Наука академийĕн пĕрлехи пухăвĕнче пулнисем питĕ пысăк çĕкленӳпе И. В. Сталин юлташ патне салам янă.

(ТАСС).

„Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн“ памалли тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен Комитетра

### Нимĕçсен писательне Иоганнес Бехера тĕнчери Сталинла преми пани

Февралĕн 4-мĕшĕнче Кремльте, Свердловски залра, «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» памалли тĕнчери Сталинла премие нимĕçсен паллă писательне Иоганнес Бехера панă. Ун чухне залра совет общественноçĕн представителĕсем нумай пулнă.

Залра пухăннă совет писателĕсем, совет искусствин деятелĕсем, Мускаври предприятисенчи стахановецсем нимĕçсен демократиллĕ литературин паллă представительне, хăйĕн талантне мире юратакан демократиллĕ Германишĕн кĕрешес ĕçе панă çынна ăшшăн саламланă.

Тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен Комитет 1952 çулхи декабрĕн 20-мĕшĕнче йышăннă постановление вуласа панă хыççăн, Комитет председателĕ Д. В. Скобельцын академик лауреата награда илнĕ ятпа сывлăх сунса саламлать, ăна диплом тата И. В. Сталин сăнне ӳкернĕ ылтăн медаль парать. Залра пухăннисем çав вăхăтра тăвăллăн алă çупаççĕ.

Унтан тĕнче литературин М. Горький ячĕпе тăракан Институчĕн директорĕ **И. И. Анисимов** профессор, **К. А. Федин** писатель, фашизма хирĕç кĕрешекен совет хĕрарăмĕсен комитечĕн президиумĕн членĕ **О. А. Хвалебнова** тухса каланă. Вĕсем лауреата Совет Союзĕнчи обществăллă организацисен ячĕпе саламланă. Тухса калакансем Германин демократиллĕ культурине аталантарас, пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварассишĕн кĕрешес, совет халăхĕпе нимĕç халăхĕ хушшинчи туслăха аталантарас тата çирĕплетес ĕçре лауреат тава тивĕçлĕ ĕçсем тунине палăртнă.

Унтан «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» паракан тĕнчери Сталинла преми лауреачĕ Иоганнес Бехер ответлă сăмах тухса каланă. Залра пухăннисем ăна ăшшăн кĕтсе илнĕ.

(ТАСС).

### Шупашкар хулинчи парти активĕн пухăвĕ

Шупашкар хулинчи парти активĕн пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта КПСС Чăваш обкомĕн виççĕмĕш пленумĕн ĕçĕсем çинчен хула комитечĕн секретарĕ Н. Никитин юлташ доклад туса пачĕ.

Хулари партипе совет органĕсем вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тунă. Суйлав участокĕсемпе округсене суйлав Положенинче кăтартнă срoксенче йĕркеленĕ. Агитпунктсемпе агитколлективсем суйлавçăсем хушшинче политикăллă-массăллă ĕçе вăйлатса пыраççĕ. Çак ĕçе коммунистсемпе комсомолецсене тата партире тăман актива йышлăн хутшăнтарнă.

Кунпа пĕрлех докладчик, çавăн пекех пренире тухса каланă юлташсем, суйлава хатĕрленес ĕçри çитменлĕхсене кăтартса пачĕç. Суйлавçăсен списокĕсенче тĕрĕсмарлăхсем нумай. Вĕсене тӳрлетесси вăраха тăсăлса пырать. Хулари 700 суйлавçăна списока та кĕртмесĕр хăварнине палăртнă, 838 суйлавçăн хушамачĕ е ятне пăсса çырнă. Чылай суйлавçăсем хăйсен суйлав округĕсемпе участокĕсене пĕлмеççĕ.

Пединститутри, «Чăвашвăрман» трестри, энерготехникумри парторганизацисем хăйсене çирĕплетсе панă участоксенче агитациллĕ-массăллă ĕçе начар туса пыраççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене, И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ çĕнĕ произведенине тата суйлав положенине ăнлантарса парас ĕç çителĕксĕр пырать. Республикăри хаçатсем суйлава хатĕрленес ĕç мĕнле пынине çителĕксĕр çутатаççĕ. Коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн агитацилесси вăраххăн сарăлса пырать.

Вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленес ĕçе профсоюз тата комсомол организацийĕсем активлă хутшăнмаççĕ. Агитаторсем агитациллĕ-массăллă ĕçе хуçалăхпа-политикăллă задачăсемпе тачă çыхăнтарса пымаççĕ. Парти тата профсоюз организацийĕсем ĕççыннисен социализмлă ăмăртăвне тивĕçлипе ертсе пымаççĕ.

Доклад тăрăх пĕтĕмпе 10 çын тухса каларĕ.

Актив пухăвĕ вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленес ĕçри çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме, пропагандăпа агитациллĕ ĕçе вăйлатма, суйлавсене производствăра çĕнĕ çитĕнӳсем тунипе кĕтсе илме, коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн çĕнĕ çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешме решени йышăнчĕ.

# Коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсем

## Кандидатпа тĕл пулни

Байкинино районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçалхипе висçĕмĕш хут ĕнтĕ район Советне депутата суйлама Асăмçырма ял Совечĕн секретарьне Елизавета Васильевна Краснова юлташа кандидата тăратрĕç.

Çак кунсенче Краснова юлташ Молотов ячĕпе тăракан колхозри суйлавçăсемпе тĕл пулчĕ.

Уяв чухнехи пек илемлетнĕ клуба халăх йышлă пухăнчĕ. Колхоз председателĕ доверенный М. Смирнов юлташ сăмах илчĕ.

— Эпир хамăрăн пĕрлехи пухура, — терĕ вăл,—район Советне депутата суйлама Елизавета Васильевна Краснова юлташа кандидата тăратрăмăр. Краснова юлташа эсир пурте пĕлетĕр. Вăл 1923 çулта, Асăмçырма ялĕнче, вăтам хресчен çемйинче çуралса ÿснĕ, 1942 çулта Юманайри вăтам шкултан вĕренсе тухнă. Ун хыççăн ăна ял Совет секретарĕ пулса ĕçleме суйласа лартнă. Вуннăр çул хушши вăл ял Совет секретарĕ пулса ĕçлет, хăйĕн ĕçне юратса туса пырать, суйлавçăсен наказĕсене пурнăçлама пĕтĕм вăя хурса тăрăшать, ĕççыннисемпе тачă çыхăну тытать. Краснова юлташ хăйне шаннă ĕçе лайăх пурнăçласа пынăшăн колхозниксем ăна юратаççĕ. Вăл — пирĕн шанчăклă çын.

Унтан ватă колхозник Ф. Михайлов, колхоз счетоводĕ Н. Иванов, колхозница—нумай ача амăшĕ Е. Смирнова сăмах туса калаçĕç. Вĕсем пурте суйлавçăсене февралĕн 22-мĕшĕнче Краснова кандидатуришĕн сасăлама, суйлава ĕçри çитĕнÿсемпе кĕтсе илессишĕн тăрăшса ĕçleme чĕнчĕç.

Юлашкинчен район Советне депутата суйлама тăратнă кандидат Е. В. Краснова юлташ сăмах илчĕ. Вăл Асăмçырма ял Совечĕн ĕçĕсем çинчен каласа пачĕ, малашне тата ытларах тăрăшса ĕçleме пулчĕ.

А. ОСОКИН.

## Хисеплĕ учительница

ИШЛЕЙ. Ишекре пулса иртнĕ суйлав умĕнхи пухура Иван Воротников колхозник çапла туха каларĕ:

— Христиния Дмитриевна Дмитриева юлташа эпир пурте лайăх пĕлетпĕр. Пирĕн ялти вăтам шкулта вăл 50 çул ытла ĕнтĕ учительница пулса ĕçлет. Çамрăк ăрăва вĕрентес ĕçре вăл пĕтĕм вăйне хурса тăрăшать. Вăл вĕрентсе кăларнă çамрăксем Тăван çĕршывăн тĕрлĕ кĕтессисенче инженерсем, врачсем, агрономсем, учительсем пулса ĕçлеççĕ. 1950 çулта Христиния Дмитриевнăна правительство Ленин орденĕ парса наградăларĕ. Вăл — РСФСР тата Чăваш АССР тава тивĕçлĕ учительници, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ.

Эпĕ Дмитриева юлташа Ишек ял Советне депутата суйлама кандидата тăратап. Халăх шанăçне вăл малалла та чыслăн тÿрре кăларса пырĕ, тетĕп.

Пуху, пĕр шухăш-кăмăллă пулса, Х. Д. Дмитриева юлташа Ишек ял Советне депутата суйламалли пĕрремĕш округ тăрăх кандидата тăратрĕ.

Ф. ОЛАНГИН.

## Вăрман специалисчĕ

Мăкăр суйлав округĕ тăрăх Канаш район Советне депутата суйлама Ефим Филиппович Кармакова кандидата тăратнă.

...Çÿçĕ кăвакармă пуçланă çын таблицăсем çине пăхса илет те, темĕн çырса хурать. Ун патне ĕçпе пынă çын, те вăтаннипе, те урăх сăлтавпа, ура çинче тăрать.

— Мĕншĕн ура çинче тăратăр? Ларăр, ларăр,—ăшшăн каларĕ ăна Е. Кармаков, инженер.

Ку çын аякран, Елчĕк районĕнчи «Красное знамя» колхозран, вăрман çырăнса илме килнĕ.

Кармаков ку çынна нумай тытса тăмарĕ.

— Тавтапуç, срокне хăш вăхăтчен çыртăр?—ыйтрĕ колхозран килнĕ çын.

— Уншăн хăрама кирлĕ мар. Колхозсене эпир нумай сроклăха паратпăр, — ответлерĕ Кармаков.

Ефим Филиппович чылайранпа Канаш вăрман хуçалăхĕнче ĕçлет. Пархатарлă ĕçсем сахал мар тунă вăл, рационализаторла сĕнÿсем те панă.

Район Советне депутата суйлама тăратнă кандидат, вăрман хуçалăхĕнчи инженер Ефим Филиппович Кармаков юлташ—чăн-чăн халăх тарçи. Ăна иккĕмĕш хут район Советне суйлама кандидата тăратнă. Депутат суйлавçăсемпе тачă çыхăну тытать. Нумаях пулмасть вăл Мăкăр ялĕнчи ĕççыннисем патĕнче пулчĕ. Вăл Тăван çĕршыв вăй-хăвачĕ çинчен каласа пачĕ, коммунизм стройкисене йывăç нумай кирли çинчен, çутçанталăка çĕнетсе улăштарни çинчен ăнлантарса пачĕ. Суйлавçăсем депутата нумай ыйтусем пачĕç.

Район Советне депутата суйлама тăратнă кандидат Е. Ф. Кармаков—халăх шанăçне тÿрре кăларма пултаракан, ĕçре мухтава тухнă, пултаруллă çын.

И. КУЗЬМИН.

## Заводри чи лайăх станочница

Суртсем тăвакан заводри рабочисемпе служащисем, инженерсемпе техниксем хăйсен суйлав умĕнхи пухăвĕнче, пĕр шухăш-кăмăллă пулса, Куславкка район Советне депутата суйлама столярнăй цехри паллă станочницăна Нина Сергеевна Куликова юлташа кандидата тăратрĕç. Районти 6-мĕш суйлав округĕнчи суйлав комиссийĕ унăн кандидатурине регистрациленĕ тата кăçалхи февралĕн 22-мĕшĕнче сасăлама суйлав бюллетенне кĕртнĕ.



Нина Сергеевна биографийĕ—Сталин саманинчи телейлĕ çамрăксен биографийĕ. Куликова юлташ 1928 çулта, Кивĕ Тĕрлемес ялĕнче, хресчен çемйинче çуралнă. Тĕрлемесри вăтам шкулта 7-мĕш класран вĕренсе тухнă.

Ĕçleме вăл 1948 çулта тытăнать. Малтанах Чăвашторгăн Куславкка уйрăмĕнче ĕçлет. Тепĕр çулталăкран çуртсем тăвакан завода куçать. Заводри кăткăс техника, хастарлă çынсем хĕрача кăмăлне каяççĕ. Хăвăрт ĕçлекен станоксем илĕртеççĕ ăна. Унăн ĕмĕчĕ—çав станоксемпе ĕçleме вĕренесси.

Çур çул хушши контролер пулнă хыççăн, Куликова юлташа станок параççĕ. Ку станок паркетсене пурне те пĕр тан туса татса кăларать. Ĕçре тавçăруллă та вăр-вар комсомолка техникăна вĕренет, ĕç тухăçлăхне ÿстерет. Вăл, хăмана лаптак майлă хурса, пĕр харăс икшер паркет татас выранне, хăяккăн тытса, ултшар паркет татма тытăнать. Виçĕ хут ÿсет ĕç тухăçлăхĕ! Çамрăк станочницăн ĕçри ÿсĕмĕ пĕтĕм коллективра паллă пулса тăрать. Унăн ятне заводри Хисеп хăми çине çыраççĕ, портретне рабочисен клубĕнче çакса хураççĕ. Пухусенче ăна стахановка Куликова тесе чĕнме пуçлаççĕ.

Паллă стахановкăна, унăн пултаруллăхне кура, тата кăткăсрах станоксем çине куçараççĕ. Вăл калама çук хăвăрт ĕçleме вĕренсе çитнĕ. Куликова юлташ хăйĕн аллисем витĕр сменăра, 4,5 пин паркет кăларас выранне, 10 пин паркет кăларать, сменăри нормăна 230 процент таран тултарать. Вăл ĕнтĕ сталинла циллĕкмĕш пилĕкçуллăха тултарнă, халĕ улттăмĕш пилĕкçуллăх шучĕпе ĕçлет. Выранти Советсен суйлавĕ ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, пире те хăй пек ĕçleме хавхалантарать.

Пирĕн çĕршывра тÿрĕ кăмăлпа тăрăшса ĕçлекен çынсене тивĕçлипе хаклаççĕ. Куликова юлташа «Заводри чи лайăх станочница» ятне панă, ВЛКСМ Чăваш обкомĕн Хисеп грамотипе, СССР Çĕр кăмрăк министерствин Мухтав листипе тата «Социализмлă ăмăрту отличникĕ» значокпа наградăланă.

Нина Сергеевна обществăллă ĕçе активлă хутшăнать. Вăл столярнăй цехри хĕрлĕ кĕтесĕн библиотекинче ĕçлет, хăйĕн пĕлĕвне ÿстерес тесе комсомол политкружокне вĕренме çÿрет.

Ленинла комсомол пăхса ÿстернĕ Н. С. Куликова юлташ ĕççынни депутачĕсен Куславкка район Советне суйланма тивĕçлĕ кандидат.

М. КУЗЬМИНА,
столярнăй цехри станочница.

## Малта пыракан хĕрарăмсем

ТĂВАЙ. Район Советне тата ял Совечĕсене депутата суйлама кандидатсем тăратас тĕлĕшпе пулнă суйлав умĕнхи пухусем пур колхозсемпе предприятисенче те пысăк çĕкленÿпе иртрĕç.

Ĕççынни депутачĕсен район Советне тата ял Совечĕсене депутата суйлама тăратнă кандидатсем хушшинче хĕрарăмсем сахал мар.

«Красная Чувашия» колхоз членĕсем хăйсен суйлав умĕнхи пухăвĕнче район Советне депутата суйлама Енĕш Нăрвашри вăтам шкулти учительницăна Серафима Моисеевна Самуиловăна кандидата тăратрĕç.

Самуилова юлташ 27 çул ĕнтĕ çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас тĕлĕшпе ĕçлет. Нумай çул хушши лайăх ĕçленĕшĕн ăна «Хисеп палли» орденĕ, «Ĕçре палăрнăшăн» медаль, Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотине парса наградăланă. Вăл иртнĕ суйлавранпа депутат пулса ĕçлерĕ, халăх шанăçне тÿрре кăларчĕ.

Мария Васильевна Васильева ятне районта пурте лайăх пĕлеççĕ. Вăл çулсеренех тракторпа тумалли ĕçсен планне чылай ирттерсе тултарать. 1952 çулта Васильева юлташăн тракторпа 600 гектар сухаламалла пулнă, вăл 662 гектар сухаланă, горючи нумай перекетленĕ. Иртнĕ суйлавра Васильева юлташа Чÿкçырма суйлав округĕ тăрăх район Советне депутата суйланă пулнă. Ăна кăçал та унти ĕççыннисем, пĕр кăмăллă пулса, район Советне депутата суйлама кандидата тăратрĕç.

Александра Николаевна Романова юлташ МТС-ăн участокри агрономĕ пулса ĕçлет. Ăна яланах колхозсенче курма пулать. Вăл агрокурссенче вĕрентет, колхозниксем хушшинче вăйлă тырпул туса илесси çинчен докладсем тăвать, колхоз правленийĕсене ĕç планĕсем тума, агротехникăна пурнăçа кĕртсе пыма пулăшать.

Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем суйлав умĕнхи пухура район Советне депутата суйлама Фекла Михайловна Михайлова юлташа кандидата тăратрĕç. Михайлова юлташ 1946 çултанпа колхозри уй-хир бригадине ертсе пырать, вăл колхоз производствин пултаруллă руководителĕ.

Анна Константиновна Лебедева — Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри колхозница. Вăл колхоз производствинче малта пырать. Колхозра кирек мĕнле ĕç тунă чухне те Лебедева юлташ çав ĕçе хутшăнмасăр юлмасть. Виçĕ ача амăшĕ пулин те, иртнĕ çулта вăл колхозра 200 ĕçкунĕ тунă. Ăна колхозниксем тивĕçлипе район Советне депутата суйлама кандидата тăратрĕç.

Район Советне депутата суйлама тăратнă кандидатсем хушшинче çавăн пекех Вырăс Нăрвашри больница врачĕ Евдокия Ивановна Иванова, Эльпуç ял Совет исполкомĕн секретарĕ Татьяна Даниловна Данилова, районти ветлечебница заведующийĕ ветврач Анна Ильинична Ильина, государство банкĕн районти уйрăмĕн управляющийĕ Клавдия Григорьевна Лебедева юлташсем тата ыттисем те пур.

И. ХАТАЕВСКИЙ.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Етĕрне райкомĕ решенисен витĕмлĕхĕшĕн кĕрешмест

КПСС Етĕрне райкомĕн работникĕсем пуçламăш парторганизацисене куллен пулăшасси çинчен нумай калаçаççĕ.

Чăн та, решенисен шучĕ тăрăх пăхсан, парти райкомĕ пуçламăш парторганизацисен ĕçĕсемпе сахал интересленет тесе калаймăн. Парти райкомĕ пуçламăш парторганизаци секретарĕсемпе колхоз председателĕсенчен сахал мар отчетсем итленĕ. Çав отчетсем тăрăх лайăх решенисем йышăннă.

Парти райкомĕн бюровĕ юлашки вăхăтра Ильич ячĕпе тăракан колхозри парторганизаци ĕçĕ çинчен нумай сÿтсе явнă. Сăмахран, иртнĕ çулта райком çак колхозри парторганизаци ĕçĕ çинчен 7 решени йышăннă.

Ку колхозри пуçламăш парторганизаци пĕчĕк мар, вăл 20 коммуниста пĕрлештерсе тăрать. Çак пысăк вăя тивĕçлипе шута илнĕ пулсан тата парти райкомĕ пуçламăш парторганизаци ĕçĕ тăрăх йышăннă решенисене пурнăçланă пулсан, колхоза мĕн тери пысăк пулăшу пама пултарать. Анчах КПСС райкомĕ пуçламăш парторганизаци ĕçĕсем çинчен йышăннă решенисем кирлĕ таран пулăшу парайман.

Çулталăк каярах райком пуçламăш парторганизаци секретарĕпе правлени председателĕнчен колхоз йывăç касса турттармалли плана мĕнле пурнăçласа пыни çинчен отчет итленĕ. Артель государство валли йывăç хатĕрлемелли плана тултарас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленине палăртса, райком ĕçе тÿрлетмелли майсене кăтартса панă. Калас пулать, çирĕп решени йышăннă. Райком парторганизаци секретарьне Исаев юлташа тата колхоз председательне Александров юлташа йывăç хатĕрлемелли плана тултарма «тивĕçлĕ мерăсем» йышăнма хушнă. Пуçламăш парторганизацин колхозниксем хушшинче ăнлантару ĕçне вăйлатмалла пулнă. Райком правление вăрман хатĕрлекенсен бригадине йĕркелеме сĕннĕ. Çавăн пекех парторганизацие вăрман ĕçлекенсем хушшинче социализмлă ăмăртăва, агитациллĕ-массăллă ĕçе организациллеме коммунистсене уйăрса яма сĕннĕ. Райком бюровĕн решенийĕнче çакăн çинчен çырса хунă: Ильич ячĕпе тăракан колхозри парторганизаци райком бюровĕн решенине мĕнле пурнăçлани çинчен февралĕн 15-мĕшĕнче райкомра тепĕр хут отчет итлемелле.

Райком хăйĕн решенине организациллĕ мĕнле ĕçсемпе те çирĕплетмен, ăна пурнăçлама мĕнле мерăсем те йышăнман. Решени йышăннă та ĕçĕ пĕтнĕ. Пуçламăш парторганизаци секретарĕ те райком решенине пурнăçлас тĕлĕшпе нимех те туман. Вăхăт иртнĕ. Колхозра ĕçсем улшăнман. Çапах та райком хăйĕн решенийĕнче палăртнă вăхăтра парторганизаци ĕçĕпе интересленмен.

Ильич ячĕпе тăракан колхоз çинчен райкомра тепĕр икĕ уйăхран аса илеççĕ. Малтанхи решени мĕнле пурнăçланнине тĕрĕслемесĕр-мĕнсĕр райком бюровĕ каллех пуçламăш парторганизаци секретарĕн Исаев юлташăн отчетне итлет.

Колхозра вăрман хатĕрлемелли плана пăсса пынăшăн, малтанхи хутри пекех, райком хальхинче те артель руководителĕсене асăрхаттарать, колхозри партбюрона вăрман хатĕрлев ĕçне вăйлатас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнма, вăрманта ĕçleме коммунистсене уйăрса яма хушать. Иккĕмĕш хут йышăннă решение пурнăçлас тĕлĕшпе райком каллех организациллĕ ĕçсем тумасть. Колхозри парторганизаци бюровĕ те çав-çавах ку ĕçре хăйĕн организаторла рольне палăртмасть. Çапла вара райкомăн пĕр ыйту тăрăх икĕ хутчен йышăннă решенийĕсем хут çинче кăна тăрса юлаççĕ. Сезон иртет, колхоз государство валли вăрман хатĕрлемелли плана тултараймасть.

Пуçламăш парторганизаци партиллĕ-политикăллă тата организаторла ĕçсене кирлĕ пек туманни, колхозниксем хушшинче политикăллă-массăллă ĕçе çителĕксĕр туса пыни колхозри ытти ĕçсенче те хытă палăрать. Артель çуракине хатĕрленес тĕлĕшпе юлса пырать.

Райком Александровпа Исаев юлташсене март уйăхĕнче каллех отчетпа чĕнет. Бюро, хăйĕн малтанхи икĕ решенийĕнчи пекех, колхозниксем хушшинче политикăллă ăнлантару ĕçĕ начар пынине палăртать, çитменлĕхсене пĕтермелли майсене кăтартса парать. Виççĕмĕш решени йышăннă хыççăн та райком пуçламăш парторганизаци çав решение мĕнле пурнăçланипе пачах интересленмест.

Райком енчен тĕрĕслÿ çуккине пула пуçламăш парторганизацире ĕçсем начарланса пыраççĕ. Партбюро секретарĕпе правлени председателĕ ĕçри ответлăха сухатаççĕ. КПСС райкомĕн бюровĕ йышăннă виççĕмĕш решени пурнăçланмасăр юлать. Колхозра çуракине çав тери çителĕксĕр хатĕрленеççĕ. Çĕре çемçетмелли удобренисене планпа пăхнинчен сурри те хатĕрлемен. Пĕрчĕллĕ тата пăрçа йышши культурăсене планпа пăхнă 7—8 кун выранне 20 кун хушши акаççĕ. Çураки вăхăтĕнче ытти тĕрлĕ йĕркесĕрлĕхсем те сахал мар пулаççĕ.

Правлени ĕçне тĕрĕслесе тăракан çапах та çук. Колхозра хăшпĕр юлташсем Устава тÿрремĕнех пăсас çул çине тăраççĕ. Май уйăхĕнче райком каллех колхоз руководителĕсене отчетпа чĕнет, отчет тăрăх каллех решени йышăнать, Исаевпа Александров юлташсене колхозăн сăлатнă пурлăхне пуçтарма мерăсем йышăнма сĕнет, колхозăн шалти демократине вăйлатма, мĕнпур ĕçсене лайăхлатма кăтартусем парать. Тăваттăмĕш решени кун-çулĕ çакăнпа вĕçленет. Колхозра ял хуçалăх артелĕн Уставне пăснине тÿрлетмеççĕ. Устава пăсасси малалла та пулса пырать.

Тăваттăмĕш хутĕнче райком бюровĕ пуçламăш парторганизаци укçа-тенкĕ пухас ĕçе мĕнле ертсе пыни çинчен те отчет итлет, «тивĕçлĕ мерăсем йышăнма» хушса решени йышăнать. Исаевпа Александров юлташсем райком решенине пурнăçлас тĕлĕшпе вырăнтан та тапранмаççĕ. Вĕсем ĕççыннисем хушшинче политикăллă тата организациллĕ ĕçсене йĕркелемеççĕ кăна мар, государство умĕнчи хăйсен тĕп тивĕçне те пурнăçламаççĕ. Исаевпа Александров юлташсем тата ытти хăшпĕр активистсем паян кун та государство умĕнче парăмра.

Улттăмĕш решени йышăнма райком колхоз руководителĕсене государствăна тырпул парас ĕçе йĕркелес ыйтупа чĕнет. Каллех «çитменлĕхсене пĕтермелли мерăсем», ĕçе лайăхлатмалли майсем палăртаççĕ. Райкомăн ку решенийĕ те тивĕçлипе пурнăçланмасть.

Александров юлташа «юлашки хут» асăрхаттарни те, Исаев юлташа кăтартса пани те ĕçе тÿрлетме пулăшмарĕ.

Ултă решени. Сăмах пуянлăхĕ енчен пĕрне те хурлама çук. Анчах вĕсенчен пĕрин те витĕмлĕхĕ курăнмасть. Колхозри парторганизацин ĕçĕ çав-çавах начар пулса пырать. Партбюро коммунистсене партиллĕ порученисем памасть. Парторганизацире парти членĕн кандидачĕсем çинчĕн шутланаççĕ. Бюро вĕсен ÿсĕмĕшĕн тăрăшмасть. Пилĕк кандидатăн кандидатра тăмалли сроксем иртсе кайнă.

Партиллĕ вĕренÿ ĕçĕнче уйрăмах çитменлĕхсем нумай. Марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренме пулнă вуннăр коммунистран пĕри те вĕренÿ планне тултарса пымасть. Парти историйĕпе теорине вĕренмелли кружоксем йĕркеллĕ ĕçлемеççĕ. Кружок занятийĕсен кунĕсене кунта час-часах улăштарса тăраççĕ. Николаев, Нарядов, Максимов т. ыт. хăшпĕр коммунистсем кăçалхи вĕренÿ çулĕнче пĕр занятире те пулман.

Пуçламăш парторганизаци агитколлектив ĕçĕпе ытла та сахал интересленет. Агитколлектив ĕçĕ çинчен пуçламăш парторганизацире решенисем йышăннă. Анчах вăл решенисем пурнăçланса пымаççĕ. Агитколлектив хăйĕн ĕçне колхоз умĕнче тăракан задачăсемпе çыхăнтарса тумасть.

Парторганизаци коммунистсен ĕçри авангардлă рольне ÿстерес тĕлĕшпе ытла та çителĕксĕр ĕçлет. Коммунистсенчен чылайăшĕ колхоз производствине сахал хутшăнаççĕ, государство умĕнчи харпăр хăй тивĕçне те çителĕксĕр пурнăçласа пыраççĕ.

Колхозри пуçламăш парторганизаци хăйĕн решенийĕсене организациллĕ ĕçсемпе çыхăнтармасть. Сăмахран, иртнĕ çулта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе парторганизаци 8 хут решени йышăннă. Конкретлă ĕçсемпе сроксем палăртнă. Анчах çав решенисем пурнăçа кĕмен. Колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана паянхи куна та тултарман. Обществăллă выльăх-чĕрлĕхе начар пăхаççĕ.

Социализмлă ăмăртăва вăйлатас, выранти пичет ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе йышăннă решенисем çинчен те çавнах каламалла. Парти пухăвĕсенче сахал мар калаçнă, сахал мар çырса хунă. Анчах пуху решенийĕсем пурнăçа кĕмеççĕ.

Эпир кунта пĕр пуçламăш парторганизаци ĕçĕ çинчен асăнтăмăр. Кун пек тĕслĕхсем татах та пур. Вĕсем парти райкомĕ хăйĕн решенийĕсен витĕмлĕхĕшĕн кĕрешменни, пуçламăш парторганизацисенчи ертсе пыракан кадрсене ĕçleме вĕрентменни çинчен калаççĕ.

И. СОЛОВЬЕВ.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕнче

Январĕн 31-мĕшĕнче, З. А. Андреева юлташ председатель пулса ертсе пынипе, Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн ларăвĕ пулчĕ.

Президиум Куславккапа Ишлей районĕсенче ĕççынни депутачĕсен выранти Совечĕсен суйлавне хатĕрленес ĕç мĕнле пыни çинчен тата ытти ыйтусене те пăхса тухрĕ.

Президиум Куславккапа Ишлей район Совечĕсен исполкомĕсем суйлав округĕсем, участокĕсем тата комиссийĕсем тăвас, суйлавçăсен списокĕсене кăларса çакас ĕçре суйлав Положенийĕнче каланă сроксене çирĕп тытса пынине, çав вăхăтрах ку районсенче суйлава хатĕрленес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕ.

Куславкка райисполкомĕ хăйĕн аппаратне, исполком пайĕсене суйлав кампанине лайăхрах хатĕрленсе ирттерме, ку ĕçре ял Совечĕсене пулăшса пыма мобилизацилемен. Çакă вара райисполком председателĕ Н. Ф. Смыков юлташ ку ĕç çине çиелтен пăхнăран пулнă.

Ял тата поселок Совечĕсем суйлавçăсен списокĕсене мĕнле тунине райисполком тĕрĕслесе тăман. Çавна пула Куславкка поселок Советĕнче 1-мĕш, 3-мĕш тата 4-мĕш суйлав участокĕсенчи суйлавçăсен списокĕсене вараласа пĕтермĕ, йĕрке номерĕсене лартса тухман. Поселокĕпе январĕн 26-мĕшĕ тĕлне 73 суйлавçăна списока кĕртмесĕр хăварнă. Январĕн 24-мĕшĕ тĕлне поселок Советĕнче суйлавçăсен списокне кĕртме ыйтса çырнă тăхăр заявлени пулнă, вĕсене нумай вăхăт хушши исполкомра пăхса тухмасăр выртарнă.

Списоксене кăларса çакнă хыççăн та хăшпĕр суйлавçăсем поселокран урăх çĕре «Сасăлама право паракан удостоверени» илмесĕрех тухса каяççĕ.

Списока кĕртнĕ хăшпĕр суйлавçăсен ашшĕ ячĕсене çырман, теприсен ячĕсемпе ашшĕ ячĕсене кĕскетсе çырнă, чылай суйлавçăсен хушамачĕсем тĕлне вĕсем район Советне тата поселок Советне хăш округран депутат суйлама хутшăнмаллине кăтартман. Поселок Совечĕ тунă спискенче 25 суйлавçă хăçан çуралнине паллă туман, 1935 çулта çуралнă 17 суйлавçăнне вĕсем хăш уйăхра çуралнине кăтартман. Çавна пула суйлава хутшăнма çул çитмен çамрăксене те списока кĕртнĕ пулнă, хăшпĕр суйлавçăсен хушамачĕсене спискра икĕ çĕрте çырнă.

Тĕмшер, Варасăр, Елчĕк суйлав участокĕсенче списоксене пĕрер экземпляр кăна çырнă, çав списоксене хăçан çырнине паллă туман. Елчĕк ял Совечĕ тунă суйлавçăсен списокне ял Совет председателĕпе секретарĕ алă пусман, пичет пусман. Списока курăнмалли çĕре кăларса çакнă хыççăн, унта çĕнĕрен 20 суйлавçăна хушса çырнă, малтан çак суйлавçăсене списока кĕртмесĕр тăратса хăварнă. Кун пек çитменлĕхсем Аманик, Мушар, Тĕмшер ял Совечĕсен списокĕсенче те пурри палăрнă.

Райсовет исполкомĕ суйлав комиссийĕсен ĕçĕсене лайăх йĕркелеме мерăсем йышăнман. Çавна пула уйрăм суйлав комиссийĕсем халĕ те ĕçleме тытăнман. Хăшпĕр участоксенче сасăланă чухне кирлĕ япаласене халиччен те хатĕрлемен. Элменкасси ял Советĕнче иртнĕ суйлав вăхăтĕнче кабинăсем тунă хăмасемпе фанерăсене сыхласа усраман, Тĕмшерте суйлав ещĕкне тата кабинăсене юсамалла, вĕсене юсама тытăнман. Чылай суйлав участокĕсенче лампăсем сахал, краççын тата вутă хатĕрлемен.

Исполкомăн культурăпа çутĕç пайĕ вулав çурчĕсемпе клубсен ĕçне лайăхлатма çителĕксĕр тăрăшать. Тĕмшерти вулав çуртне ăшăтмаççĕ, унта краççын çук. Аманикри вулав çуртĕнче сивĕ. Çапла вара, суйлав кампанийĕ вăхăтĕнче ĕçleме районти культурăпа çутĕç учрежденийĕсене хатĕрлесе çитермен, уйрăм вулав çурчĕсенче халăха суйлав законĕ çинчен ăнлантарса парас ĕçе те йĕркелемен.

Ишлей райсовет исполком председателĕн заместителĕ Н. А. Кузнецов юлташ районта выранти Советсен суйлавне хатĕрленес ĕç мĕнле пыни çинчен тунă доклада итленĕ хыççăн, Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ ку районта та суйлава питех те вăраххăн хатĕрленнине палăртрĕ. Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ Шупашкарпа Йĕпреç районĕсенче суйлава хатĕрленес ĕç мĕнле пыни çинчен январĕн 13-мĕшĕнче йышăннă постановленине исполком хăйĕн ларăвĕнче сÿтсе явман. Çав постановленире асăннă çитменлĕхсем Ишлей районĕнче те пулнă, анчах вĕсене пĕтерме мерăсем йышăнман. Райисполком суйлава хатĕрленес ĕç Ишлей-Покровски ял Советĕнче мĕнле пыни çинчен январĕн 14-мĕшĕнче сÿтсе явнă, анчах ку ыйтупа йышăннă решение халиччен те çырман. Мăн Катрас ял Советĕнче 20 суйлавçăна списока кĕртмесĕр хăварнă, 1935 çулта çуралнă тăхăр суйлавçăнне вĕсем хăш уйăхра çуралнине кăтартман, 25 суйлавçăн ячĕсемпе ашшĕ ячĕсене кĕскетсе тата пăсса çырнă. Ишек ял Советĕнче суйлавçăсен списокне çĕнĕрен 9 çынна хушса кĕртнĕ, çавна ял Совечĕ вĕсене списока кĕртес пирки тивĕçлĕ решени йышăнмасăрах тунă. Списоксене суйлавçăсем хăйсем тĕрĕслес ĕç вăраххăн пулса пырать. Мăн Катрасрипе Анаткас Маркари суйлав участокĕсем вырнаçнă çуртсенче таса мар, вĕсене вут хутса ăшăтмаççĕ, вĕсенче портретсемпе лозунгсем те çук. Çав çуртсене суйлав участокĕсем вырнаçни çинчен вывескăсем çырса çапман. Ку ял Совечĕсенче ĕççыннисене суйлав законĕ çинчен ăнлантарса парас ĕçе начар йĕркеленĕ. Мăн Катрас ял Совет председателĕ В. М. Федоровпа секретарĕ Н. А. Григорьев юлташсем суйлав Положенийĕнче мĕн каланине хăйсем те пĕлмеççĕ.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ Куславккапа Ишлей район Совечĕсен исполкомĕсене выранти Советсен суйлавне хатĕрленес ĕçри çитменлĕхсене калех пĕтерме, списоксене суйлавçăсем хăйсем тĕрĕслессине лайăх организациле, çавăн чухне палăрнă йăнăшсене çийĕнчех тÿрлетме, списоксене тĕрĕслес ĕçе февралĕн 10-мĕшĕччен туса пĕтерме хушрĕ. Райисполкомсемпе ял Совечĕсен суйлавçăсем хăйсене списока кĕртме ыйтса çырнă тата списокра тĕрĕс мар çырни çинчен панă заявленисене вăхăтра, суйлав Положенийĕн 21-мĕшпе 22-мĕш статьисенче каланă йĕркепе, пăхса тухас пулать, урăх вырăна куçса каякан суйлавçăсене пурне те «Сасăлама право паракан удостоверени» парса ямалла; суйлав кунĕнче сасăламалли çуртсем валли сĕтел-пукан, вутă, краççын хатĕрлемелле.

Президиум райсовет исполкомĕсене суйлав кунне лайăх хатĕрленсе кĕтсе илес тĕлĕшпе мĕнле ĕçсем тумаллине тĕплĕн палăртма хушрĕ. Суйлав кунĕ çитес умĕн, 5 кун маларах, суйлав участокĕсене пĕтĕмпех хатĕрлесе çитернине тĕрĕслесе, вĕсене йышăнас ĕçе организацилемелле. Участоксенчи суйлав комиссийĕсен председателĕсемпе секретарĕсене пухса, вĕсене суйлав кунĕнче мĕнле ĕçлемелли çинчен тĕплĕн ăнлантарса парас пулать, участоксенчи суйлав комиссийĕсем хăйсен обязанноçĕсене лайăх пĕлсе тăччăр. Ял Совечĕсене суйламалли бюллетеньсем çине кандидатсен хушамачĕсене, ячĕсене, ашшĕ ячĕсене вăхăтра çырса хумалла. Бюллетеньсене февралĕн 12-мĕшĕччен суйлав участокĕсене çитермелле, вĕсене илсе кайнă чухне те, участокра та лайăх сыхласа усрас пулать. Суйлав кунĕ çинчен, суйлав ăçта пуласси çинчен суйлавçăсене кашни кунах пĕлтерсе тămалла, çакăн çинчен хаçатсем çинче çырса, радио тăрăх, пухусемпе канашлусенче пĕлтерес пулать, кашни суйлавçă хăйĕн ăçта тата хăçан сасăламаллине пĕлсе тăтăр. Райсовет исполкомĕсемпе ял Совечĕсен выранти Совета депутата суйлама кандидат тăратнă чухнехи пухура тата кандидатпа тĕл пулнă чухне суйлавçăсем панă наказсемпе сĕнÿсене пурне те шута илес пулать.

* * *

Президиум СССР Верховнăй Совет Президиумĕ ячĕпе Ишлей районĕнчи нумай ачаллă ача амăшĕсене 9 çынна, Тăвай районĕнчен—18 çынна, Муркаш районĕнчен—9 çынна наградăсем парасси çинчен Указсем йышăнчĕ.

## Агитаци вăйланса пырать

МУРКАШ. Район Советне суйламалли пур суйлав округĕсенче те кандидатсене регистрациленĕ. Хальхи вăхăтра кандидатсемпе суйлавçăсен тĕлпулăвĕсем пулса иртеççĕ.

Пашалукассинче ял Советне суйлама тăхăр округ тунă. Округсенче кандидата тăратнă çынсем — колхоз хресченĕсен малта пыракан представителĕсем.

Ялти агитпунктра тата бригадăсенче суйлав умĕнхи агитациллĕ-массăллă ĕç вăйланса пырать. Агитаторсем хăйсене çирĕплетсе панă участоксенче тăтăшах суйлав çинчен калаçусем ирттереççĕ. Колхозниксем выранти Советсен суйлав кунне ĕçри çитĕнÿсемпе кĕтсе илессишĕн социализмлă ăмăртăва вăйлатса пыраççĕ. Кĕркуннепе хĕлле вăрман касса йывăç турттармалли плана пурнăçлас енĕпе колхоз районта малта пырать. Колхозниксем хĕрсех çуракине хатĕрленеççĕ.

Г. ПЕТРОВСКИЙ.

*Колхозсенчи отчетпа суйлав пухăвĕсем*

# Колхозра демократиллĕ йĕркесене çирĕппĕн пăхăнмалла

«Родина» колхоз хăйĕн обществăллă хуçалăхне аталантарса пыма, Сĕрпӳ районĕнчи ытти колхозсем пекех, государствăран султан-сул ытларах пулăшу илет. Уй-хир ĕçĕсен пысăк пайне халĕ МТС-ăн трактор бригади туса пырать. Кӳршĕллĕ артельсемпе пĕрле Ункă шывĕ синче вăйлă гидроэлектростанци тума «Родина» колхоза хăйне кăна юлашки виçĕ çул хушшинче вăрăм сроклăха кивçен 140 пин тенкĕ укçа панă.

Таврари чылай колхозсемпе танлаштарсан, «Родина» колхозăн тырпулсен тухăçне, çавăн пекех выльăх-чĕрлĕх шучĕпе тухăçлăхне ӳстерсе пыма лайăхрах условисем пур. Акмалли çĕр пахалăхне хурлама çук. Пысăк улăхра çулленех лайăх тухăçлă çаран ути çитĕнет. Ял сывăхĕнчи çамрăк юмансем ӳсекен вăрманта пурçăн хурчĕ ĕрчетме пулать. Анчах «Родина» колхоз районта чи кая юлнă артельсенчен пĕри шутланать.

1952 çулта колхоз тырпул тухăçне ӳстермелли плана 50 процент çеç пурнăçланă. Унтан та ытларах, колхозри руководительсен айăпĕпе 5 гектар çинчи выльăх кăшманне, 6 гектар çинчи вăрлăхлăх клевера, темиçе гектар çинчи тĕштырăсене вăхăтра пухса кĕртмесĕр юр айне хăварнă. 75 гектар çинчен пухса кĕртнĕ тырра халĕ те çапса пĕтермен, çавна пула çитес çураки валли вăрлăх хывса çитермен, пур пек вăрлăха та сортламан.

Обществăллă хуçалăх отраслĕсене аталантарман колхоз государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра пурнăçлаймасть, ялхуçалăх банкĕнчен кивçен илнĕ укçана срокра тӳлесе пыраймасть.

Лайăх условисем пур çинчех «Родина» колхоз мĕншĕн ыттисемпе пĕр тан аталанаймасть-ха? Колхоз пурнăçĕн тĕп законне—ялхуçалăх артелĕн Уставне тӳррĕн пурнăçлама, хуçалăхăн пур отраслĕсене те вăйлăрах аталантарма, обществăллă пуянлăх ӳснĕ никĕс çинче колхозниксен пурнăçĕпе культурине лайăхлатса пыма мĕн чăрмантарать-ха?

Хăйсен отчетпа суйлав пухăвĕнче колхозниксем правлени председателĕ С. Иванов юлташ докладра çав ыйтусем çине тĕплĕ ответсем парассине кĕтрĕç. Анчах вĕсем кĕтнине Иванов юлташ тивĕçтерме шутламарĕ. Правленин колхоза ертсе пырас ĕçĕнчи тĕп ситменлĕхĕсене тӳррĕн уçса палăртас вырăнне, вăл çав ситменлĕхсем çинчен асăнмасăр хăварма, унтан та ытларах, мĕнпур айăпа колхозниксем çине йăвантарма хăтланчĕ.

Правлени колхозниксен массипе тачăн çыхăнса ĕçлеме, демократиллĕ йĕркесене çирĕппĕн пăхăнма, критикăпа самокритикăна, уйрăмах аялтан килекен критикăна сарма мĕнле тăрăшни çинчен Иванов юлташ хăйĕн сехет çурра пынă докладĕнче пĕр сăмах та каламарĕ.

Правлени колхозниксен массинчен таталса кайнă, колхоз производствине аталантарас тĕлĕшпе тăракан пысăк ыйтусенех Иванов юлташ чиновникла-бюрократла меслетпе çеç татса пама хăтланса пысăк йăнăшсем тунă. Çавăнпа та ĕнтĕ, отчет тăрăх пренисем пуçлансанах, колхозниксемпе колхозницăсем правленин, чи малтан председателĕн колхоза ертсе пырас ĕç меслетĕнче бюрократизм пуç пулса тăнине хыттăн критиклеме тытăнчĕç.

— Председатель пире, мĕнпур колхозниксене, активлă пулманшăн ӳпкелет,—калать А. Анисимова колхозница.—Ку тĕрĕс мар. Утă çулса пухрăмăр, тырпул пухса кĕртрĕмĕр, тăват-пилĕк уйăх иртрĕ, анчах пире пурне те пĕрле пухса колхозри ĕçсем мĕнле пыни çинчен тĕппĕн сӳтсе явма шутламарăр.

— Пуху пухма мар, уй-хире пирĕн пата çитсе ăшă сăмахпа калаçма та ӳркенессĕ,—хушса хучĕ Е. Никитина колхозница.

— Тырпул пухса кĕртме пуçăнсан пирвайхи кунсенчех эпир часрах столовăй тума ыйтрăмăр, — тет малалла А. Анисимова юлташ.—Пирĕн сĕнĕве йышăннă пек пулчĕç. Анчах мĕнле? Аш-какай тĕпренчĕкĕ янă шӳрпен пĕр чашăкĕшĕн 3 тенкĕ тӳлеттерме йышăннă. Хăш колхозницăна кирлĕ çавăн пек «столовăй?» Халĕ председатель пире тырă вырнă вăхăтра ĕç нормине тултарманшăн ӳпкелет. 70—80 хĕрарăм кун касиччен кашни харпăр хăй килĕнче виçĕ хутчен апат пĕçерсе пĕтĕмпе мĕн чухлĕ вăхăт сухатни, çавăн пирки уй-хир ĕçĕсем кая юлса пыни çинчен шутласа пăхнă-и эсир? Шутланă пулсан, колхозницăсен ыйтăвне тивĕçтерме, тухăçлă ĕçлеме условисем туса пама тăрăшнă пулăттăр.

— Колхозниксене активлă пулманшăн ӳпкелени тĕрĕс мар, — терĕ ватă колхозник П. Егоров юлташ.—Пирвай эсир хăвăр колхозниксен массине хисеплеме пăрахрăр, ун хыççăн çеç колхозниксем сиртен сивĕнчĕç. Хуçалăхри йĕркесĕрлĕхсене асăрхасан, вĕсене пĕтерме сĕнӳ парсан, кăмăлсăр пулассĕ.

Колхозниксен чи пирвайхи ĕмĕчĕ вăл—обществăллă хуçалăха хăвăртрах аталантарасси. Вĕсем обществăллă пурлăх çине алă тăсма хăтланакан сынсене çав тери кураймассĕ, правленипе унăн председательне хуçалăх отраслĕсене аталантарма тăрăшманшăн хытă критиклессĕ.

Малта пыракан колхозсем выльăх-чĕрлĕхрен, техникăллă культурăсенчен, пахча çимĕçрен тата ытти отраслĕсенчен çĕршер пин тенкĕ тупăш илессĕ. «Родина» колхоз членĕсем те çавăн пек отраслĕсенчен 1952 çулта 200 пин тенке яхăн тупăш илме палăртнă пулнă. Анчах вĕсен планĕ çурри те пурнăçланман. Сăмахран, 10 гектар çине акса хăварнă кок-сагызран пурĕ те 363 тенкĕ, урăхла каласан, кашни гектар пуçне 36 тенкĕ те 30 пус тупăш илнĕ. Пурçăн хуртĕнчен илнĕ тупăш 1.605 тенкĕ, пахча çимĕçрен—3.300 тенкĕ çеç пулнă.

— Çак отраслĕсене хăвăртрах аталантарас, укçа-тенкĕ тупăшне ик-виçĕ хут ӳстермелле тăвас тесе, пирĕн правлени çине тăрса тăрăшмарĕ,—критиклет ватă колхозник С. Иванов юлташ.—Хуçалăха тытса тăма укçа-тенкĕ нумай кирлĕ-çке? Мĕн тăвас? Тытăнать вара пирĕн правлени çĕршер те пиншер пăт тырă сутма. Пĕртен-пĕр тырă сутса çеç укçа тăвакан колхозра колхозниксем ĕçкунĕпе чылай тырă илнине ăçта курнă эсир?

Ватă колхозник пахча çимĕçпе коксагыз плантацийĕсем çинчен çу касиччен выльăх-чĕрлĕх таталманни, çавна хирĕç правлени нимĕнле мера та йышăнманни çинчен калать, хушма хуçалăхсене тĕреклетмелли майсене кăтартса парать.

Правлени колхозри хуçасăрлăха хирĕç кĕрешменни, сиенлĕ ĕçсенех курмасăр ирттерсе яни колхозниксене тарăхтарать.

— Тăкăнакан сĕлле пире çавапа çулма хушрĕç,—тет Е. Данилова колхозница.—Кун пек çулсан çурри ытла тăкăнса юлать-çке, жнейкăпа выртарăр-ха, комбайн çук-и, тесе ӳкĕтлерĕмĕр. Пирĕн сăмаха хăлхана та чикмерĕç, «сирĕн ĕç çук», терĕç. Вара çултăмăр, çуррине тăкса хăвартăмăр. Тырпула, утă-удăмсене çавăн пек тăккаласа пĕтернĕ пирки выльăхсене апатсăр тăратса хăвартăмăр.

А. Платонов, З. Иванов, И. Васильев, В. Архипов колхозниксем правленипе унăн председателĕ хăйсем тытăннă ĕçе вĕçне çитерме тăрăшманни çинчен тĕплĕн чарăнса тăчĕç. Тырпулпа техникăллă культурăсен тухăçĕ ӳсменнин тĕп сăлтавĕ вăл—агротехникăна пурнăçламанни.

Иртнĕ çултах фермăсенчи мĕнпур тислĕке уй-хире кăларма, унпа пĕрлех колхозниксен харпăр хăй килĕсенчен те турттарма пысăк решени йышăннă. Пирвайхи кунсенче тислĕк турттарнă пек тунă, каярахпа ун çинчен вуçех маннă. Хальхи вăхăтра уя пĕр лав тислĕк те тухмасть. Ял сывăхĕнчех пысăк çĕр лаптăкĕ çинче торф вĕçĕмсĕр нумай, анчах правлени унпа усă курасси çинчен шутласа та пăхман.

«Родина» колхоз организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклейменнишĕн райкомпа райисполком та ответлă. Вĕсем ку колхозра ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснă тĕслĕхсене пĕрре çеç мар тупса палăртнă, анчах вĕсене пĕтерес тĕлĕшпе çийĕнчех мера йышăнмассĕ. 1952 çулти декабрĕн 11-мĕшĕнче «Родина» колхозра Устава мĕнле пăхăнса тăнине тĕрĕсленин итогĕсем çинчен сӳтсе явнă. Колхозра ертсе пырас ĕçри пысăк ситменлĕхсене палăртнă.

Райисполком хăйĕн решенине декабрĕн 15-мĕшĕнчен кая юлмасăр колхозниксен пĕрлехи пухăвĕнче сӳтсе явма, решени çинчен ăнлантарса пама колхоза райисполкомăн ответлă работникне Д. Григорьев юлташа уйăрса яма йышăннă. Кăçалхи февралĕн 1-мĕшĕ çитрĕ, анчах «Родина» колхоза райисполкомран никам та пыман, пуху ирттересси çинчен никам та пĕр сăмах хускатман. Колхоз председателĕ С. Иванов юлташ отчетпа суйлав пухăвĕнче райисполком решенийĕ çинчен пĕр сăмах та каламарĕ.

Массăсенчен уйрăлса кайнă, вĕсен критикине хисеплемен сынна ертсе пыракан работник пулма шанăç памассĕ. «Родина» колхозри отчетпа суйлав пухăвĕнче те çапла пулчĕ. Председателе суйлама кандидатсем тăратма тытăнсан, С. Иванов юлташăн ятне асăнаканни пухура пĕр çын та пулмарĕ. Председатель пулма çамрăк коммуниста П. Архипов юлташа суйларĕç. Çавăн пекех пуху правленипе ревизи комиссийĕн составĕсене те çĕнетсе улăштарчĕ.

Колхозниксем çĕнĕрен суйланă председательпе правление колхозра демократиллĕ йĕркесене çирĕппĕн пăхăнма, ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснă тĕслĕхсене хăвăртрах та тĕппипех пĕтерме, вăйлă тырпулшăн, пысăк тухăçлă выльăх-чĕрлĕхшĕн кĕрешме социализмлă ăмăрту сарса яма хушса хăварчĕç.

**Н. ВОЛКОВ.**
(Хамăр корр.).



**Республикăри çул-йĕр строительствинче малта пыракансем**

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): **С. П. Ермишин**—МДС-50 трактористĕ, **Е. Т. Васильев**—Тăвай районĕнчи çул-йĕр пайĕн заведующийĕ, **П. Е. Казаков**—Комсомольски районĕнчи çул-йĕр пайĕн заведующийĕ, **В. Н. Кузьмин**—МДС-50 шоферĕ, **А. М. Добродушев**—Канаш районĕнчи çул-йĕр пайĕн заведующийĕ, **Н. М. Слесарев**—243-мĕш çул-йĕр участокĕн мастерĕ, **Н. А. Фадеев**—Куславкка районĕнчи çул-йĕр пайĕн заведующийĕ, **А. Т. Жирнов** — Сĕнтĕрвăрри районĕнчи çул-йĕр пайĕн заведующийĕ, **Б. А. Бирюков**—241-мĕш çул-йĕр участокĕн мастерĕ, **А. С. Кровяков**—Вăрнар районĕнчи çул-йĕр пайĕн заведующийĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# *Паха та илемлĕ çулсемшĕн*

## (Çул-йĕр работникĕсен республикăри канашлăвĕнчен)

Çак кунсенче Шупашкарта çул-йĕр работникĕсен республикăри канашлăвĕ пулса иртрĕ. Канашлу «1952 çулхи çул-йĕр ĕçĕсен итогĕсем тата Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене пурнăçлас тĕлĕшпе çул-йĕр работникĕсем умĕнче 1953 çулта тăракан задачăсем çинчен» Чăваш АССР Çул-йĕр управленийĕн начальникĕ П. Рунгш юлташ тунă доклада итлесе сӳтсе яврĕ.

Докладчик, çавăн пекех пренире тухса калакансем те 1952 çулта çул-йĕр работникĕсем ăнăçлă ĕçленине палăртрĕç. Республика чулпа грави сарса çĕнĕ çулсем тумалли, киввисене тĕпрен юсамалли, çĕнĕ кĕперсем тумалли тата киввисене тĕпрен юсамалли плана ирттерсе тултарнă. Çулсем хĕррине 38,5 километр вырăнне 53 километр тăршшĕ йывăçсем лартнă. Строительство материалĕсем хатĕрлемелли, çĕр чавса купаламалли плана та ирттерсе тултарнă. Малтанхи сведенисем тăрăх, строительство хакне 4,8 процент йӳнетнĕ, ĕç тухăçлăхне пилĕк процент ӳстернĕ, металл сичĕ процент перекетленĕ.

РСФСР Министрĕсен Совечĕпе ВЦСПС республикăри çул-йĕр работникĕсен ĕçне пысăка хурса хакларĕç. Вĕсем республикăсемпе облаçсем çул-йĕр строительстви тĕлĕшпе 1952 çулхи виççĕмĕш кварталта ăмăртса ĕçленин итогĕсем тăрăх пирĕн республикăна преми пачĕç.

РСФСР Главнăй çул-йĕр управленийĕ пĕлтернĕ тăрăх, пирĕн республика çулйĕр строительстви планне тултарас тĕлĕшпе 1952 çулхи декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлне пĕрремĕш вырăн йышăннă.

Республикăра çул-йĕр строительстви мĕнле аталанса пынине çакăнтан курма пулать: пĕрремĕш пилĕкçуллăхра çулсерен вăтам шутпа 26-шар километр тăршшĕ чул сарса çĕнĕ çул тунă пулсан, тăваттăмĕш пилĕкçуллăхра çавăн пек çулсем çулсерен 45-шер километр тунă. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра вара пурĕ 305 километр тăршшĕ, урăхла каласан, çулсерен 61-шер километр тăршшĕ паха çул тума палăртнă.

Тăван çĕршыв экономикине малалла аталантарасси, совет халăхĕн пурнăçпа культура условийĕсене лайăхлатасси çулсем паха пулнинчен сахал мар килнине ĕççыннисем лайăх пĕлессĕ. Çавăнпа та паха çулсем тăвассишĕн республикăра çулсерен социализмлă ăмăрту анлăн саралать. Иртнĕ çул Тăвай районĕнчи колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсем çул-йĕр строительстви планне срокчен тата ирттерсе тултарма, пур ĕçе те пысăк пахалăхпа тума пулса социализмлă обязательство йышăнчĕç, республикăри колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсене ăмăртăва тухма чĕнсе каларĕç. Вĕсен патриотла пуçарăвне ĕççыннисем тулли кăмăлпа кĕтсе илчĕç, районсем, колхозсем, бригадăсем тата участоксем хушшинче ăмăрту анлăн сарăлса кайрĕ.

Ăмăртăва пуçаракансем хăйсен обязательствине чыслăн пурнăçларĕç. Районсем хушшинчи ăмăртура Вăрмар, Муркаш, Канаш, Куславкка, Чкаловски, Шăхасан районĕсем малти вырăна тухрĕç. Уйрăмах Сĕнтĕрвăрри районĕнчи колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсем паха тĕслĕх кăтартнине палăртас пулать. Çак район государство заданине çулсеренирттерсе тултарать. Юлашки çичĕ çул хушшинче чул сарса 21,2 километр тăршшĕ çĕнĕ çул тунă, 1,6 километр тăршшĕ кивĕ çула тĕпрен юсанă. Урăхла каласан, ку район пĕтĕм республикăра тунă ĕçсен сакăр процентне тултарнă. Плана кашни колхоз тăрăх тултарасси кунта йăлана кĕнĕ. Иртнĕ çул пур колхозсем те хăйсен тивĕçне пурнăçланă.

Ĕç ăнăçлăхĕ государство планне тултарассишĕн çул-йĕр работникĕсем, ял Совечĕсемпе колхозсен руководителĕсем ответлăх туйнинче, социализмлă ăмăртăва анлă сарнинчен, ĕçе тĕрĕс йĕркеленинчен килет. Сĕнтĕрвăрри райсовет исполкомĕ çулсерен кашни колхоза уйрăм участок уйăрса парать. Çирĕплетнĕ участокра пур ĕçе те пĕр колхоз тăвать. Колхозсем хушшинчи ăмăрту мĕнле пыни çинчен хаçатсем, боевой листоксем, кăтарту хăмисем çине час-часах çыраççĕ. Малта пыракансен опытне пĕтĕçтерсе сарас ĕçе лайăх йĕркеленĕ.

Çул-йĕр пайĕ çулсерен чулпа хăйăр запасĕсем тăвать. Материалсем ситменнипе хăшпĕр участоксенче ĕç вăйсăрлансан, запасран турттарса пыраççĕ.

Малта пыракан районсемпе колхозсен опытĕнчен çакă уççăн курăнать: пирĕн çул-йĕр строительствине хăвăртлатма, государство заданийĕсене чыслăн пурнăçласа пыма резервсем, ĕç вăйĕпе туртăм вăйĕ çителĕклĕ. Анчах чылай районсенче çав паха майсемпе усă курмаççĕ, çулйĕр строительствине кирлĕ пек хак памаççĕ. Элĕк районĕ 1942 çултанпа плана тултарман. Иртнĕ çул чул сарса çĕнĕ çул тумалли плана 40 процент çеç тултарнă. Район юлса пыни çул-йĕр пайĕн заведующийĕ Богачев юлташ ĕçре ответлăх туйманнинчен килет. Вăл хăйĕншĕн ытларах тăрăшать, государство пурлăхĕпе тĕрĕс мар усă курать, кĕперсем тума тата юсама уйăрса паракан вăрмана кӳрсе килтермест.

Советски районĕнче иртнĕ çулхи плана пĕр колхоз çеç тултарнă. Районти чылай кĕперсем çĕрсе юрăхсăра тухнă. Районти çул-йĕр пайне çулсерен вăрман уйăрса параççĕ. Анчах вăл çав вăрманпа тĕрĕс усă курмасть. Пĕлтĕр 600 кубометртан 50 кубометр йывăç çеç турттарса кăларнă. Ăна та райсовет исполкомĕ хăй валли çурт лартма илнĕ. План тăрăх районăн 125 метр тăршшĕ кĕпер тумалла пулнă, чăннипе 15 метр тăршшĕ çеç тунă.

Красноармейски районĕ иртнĕ çулхи плана çуррине те тултарман. Колхозниксене хăйсен тивĕçне пурнăçлама мобилизацилес вырăнне, çул-йĕр пайĕн заведующийĕ Иванов юлташ государствăна улталас çул çине тăнă. Вăл 1952 çулхи октябрь уйăхĕнче тунă ĕçе 186 пин тенкĕ чухлĕ пысăклатса сведени панă.

1952 çулта ялти вăйпитти çынсене çул-йĕр строительствине хутшăнтармалли плана 20 район тултарман. Ăна пула вĕсем виçĕ миллион тенке яхăн ĕç сахалрах тунă.

Çул-йĕр строительствинчи тепĕр ситменлĕх вăл—чылай предприятисемпе организацисен руководителĕсем хăйсен автомашинисемпе строительство материалĕсем турттармалли задание пурнăçламанни. Канаш, Улатăр, Ишлей районĕсенче предприятисемпе учреждениесен машинисене çул-йĕр строительстви валли материал турттарма пачах хутшăнтарман.

Партипе правительство плана пĕтĕмпе çеç мар, пахалăх енчен те тултарса пыма хушаççĕ. Ишлей, Советски, Елчĕк тата Калинино районĕсенчи çул-йĕр пайĕсен заведующийĕсемпе техниксем строительство пахалăхне лайăхлатассишĕн кĕрешмеççĕ. Япăх чул сарнă, паха мар йывăçран кĕпер тунă тĕслĕхсем сахал мар. Хăшпĕр çĕрте хăйăр сапса хытармасăр çул тăрăх çӳреме ирĕк параççĕ. Машинăсемпе çул тăвакан станци (МДС) руководителĕсем те пахалăхшăн тимлĕн кĕрешмеççĕ. Халĕ, çĕршыври промышленность хăватлă автомашинăсем тата механизмсем нумай туса кăларнă вăхăтра, çулсемпе кĕперсем уйрăмах паха та тĕреклĕ пулмалла.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăхра Шупашкар гидростанцине тата çĕнĕ предприятисем тума тытăнмалла. Çавна май çул-йĕр органĕсем умĕнче халичченхинчен пысăкрах задачăсем тăраççĕ. Анчах Çул-йĕр управленийĕпе çул-йĕр пайĕсем çав ответлă задачăсене пурнăçлама япăх хатĕрленеççĕ. Ĕç ăнăçлăхне строительство материалĕсем вăхăтра хатĕрлесе çуна çулĕпе турттарса кăларни татса парать. Республикăра чулпа вăрман хатĕрлесси тата турттарса кăларасси япăх пырать. Чылай районсенче вăрман хатĕрлеме, чул кăларса турттарма пачах тытăнман. Хăшпĕр çул-йĕр работникĕсемпе райсовет исполкомĕсен председателĕсем çул-йĕр строительстви планне çуллахи пĕр-ик уйăх хушшинче тултарма пăхаççĕ, çуна çулĕпе усă курма тăрăшмаççĕ.

Пренире тухса калакансем йывăр ĕçсене механизацилеме, машинăсем валли запаслă пайсем çителĕклĕ кӳрсе килме тăрăшманшăн, техникăллă пулăшу сахал панăшăн Çул-йĕр управленине критиклерĕç.

— Çĕршывра машинăсемпе механизмсем нумай туса кăлараççĕ. Çул-йĕр управленийĕ ĕçе механизацилеме тăрăшмасть. Пур ĕçĕ те кĕреçепе, домпа тата носилкăпа тума тивет,—тет Комсомольски çулйĕр пайĕн заведующийĕ Казаков юлташ.

Çĕмĕрле МДС-ĕн главнăй инженерĕ Андреев юлташ, Вăрнар çул-йĕр пайĕн заведующийĕ Кровяков юлташ тата 243-мĕш çул-йĕр участокĕн начальникĕ Муткин юлташ Вăрмарти чул кăларакан предприяти ĕçне лайăхлатма, унти йывăр ĕçсене механизацилеме кирлине палăртаççĕ.

— Çул-йĕр строительстви планне ăнăçлă тултарса пырассине колхозсенче ялан ĕçлекен бригадăсем туни, колхозниксем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлăн сарни, ĕçе тĕрĕс йĕркелени татса парать,—тет Куславкка çул-йĕр пайĕн заведующийĕ Фадеев юлташ.

241-мĕш çул-йĕр участокĕн мастерĕ Бирюков юлташ хăй ертсе пыракан коллектив плана çулсерен ирттерсе тултарса пыни çинчен калать, хăйсен опычĕпе паллаштарать. Вăл çул-йĕр работникĕсен профсоюз обкомне социализмла ăмăртăва тимлĕ ертсе пыманшăн, малта пыракансен опычĕпе меслетне сарманшăн критиклет.

Канашлура Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председатель заместителĕ Д. Полукаров юлташ тухса каларĕ.

Канашлу паха та илемлĕ çулсем тăвассишĕн, государство заданине чыслă пурнăçлассишĕн Мордва тата Мари республикисенчи çул-йĕр работникĕсене социализмлă ăмăртăва чĕнме йышăнчĕ.

Канашлу республикăри çул-йĕр работникĕсене, колхозниксемпе колхозницăсене 1953 çулхи çул-йĕр строительстви планне срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн, пур ĕçе те пысăк пахалăхпа тăвассишĕн, ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарма чĕнсе каларĕ.

## Çĕр кăмрăкĕ перекетленĕ

КАНАШ. Вагонсем юсакан заводăн электростанцинче ĕçлекенсен коллективĕ вырăнти Советсен суйлав кунне производствăра пысăк ситĕнӳсем тунипе кĕтсе илме хатĕрленет. Кунта суйлав умĕнхи социализмлă ăмăрту анлăн сарăлнă.

Иртнĕ уйăхра кунта ĕç тухăçлăхне чылай ӳстернĕ. Кашни килограмм çĕр кăмрăкне тирпейлĕ тытса, пĕр уйăхра 160 тонна перекетленĕ. Çапла вара январĕн 30—31-мĕшĕсенче электростанци перекетленĕ кăмрăкпа ĕçлерĕ. Ку тĕлĕшпе Сергеев, Антонов, Зайцев кочегарсем паха тĕслĕхсем кăтартрĕç.

Халĕ коллектив çĕнĕ ситĕнӳсем тăвассишĕн кĕрешет.

**И. ВАСИЛЬЕВ.**
**И. МАРКОВ.**

## Çамрăк работницăсен общежитийĕнче

Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводра ĕçлекен чылай работницăсем Ленинградски урамри 44-мĕш номерлĕ çуртри общежитире пурăнаççĕ. Работницăсем хушшинче политикăллă воспитани ĕçне туса пыма ятарласа агитаторсем уйăрнă. Вĕсем ĕç хыççăн общежитие пырса работницăсемпе калаçусем ирттереççĕ, илемлĕ литература произведенийĕсене пĕрлешсе вулаççĕ, докладсем туса параççĕ.

Политикăллă ĕçе вăйлатас тата работницăсене культурăллă канма пулăшас шутпа дирекципе партком хĕрлĕ кĕтес уçма пулăшрĕç. Унта тĕрлĕ хаçат-журналсем, карттăсемпе наглядлăй пособисем, музыка инструменчĕсем, шашкăпа шахмат тата ыттисем те пур. Ĕç хыççăн кунта работницăсем яланах нумай пухăнаççĕ. Халĕ агитаторсем вырăнти Советсен суйлавĕ, депутата суйлама тăратнă кандидатсем çинчен каласа параççĕ.

Çак кунсенче агитаторсем пуçарнипе çамрăк суйлавçăсен касне ирттернĕ. Пĕрлешсе театра кайса курнă. Çамрăксем уйрăмах «Вас вызывает Таймыр», «Девицы-красавицы», «Ялта», «Айдар», «Семья» спектакльсене юратса пăхнă, вĕсем тăрăх калаçусем ирттернĕ.

**Р. СОЛОВЬЕВА.**

## Суйлав умĕнхи ăмăртура

ЙĔПРЕÇ. Ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсене суйламалли куна Сталин ячĕпе тăракан колхоз çуракине хатĕрленсе çитнипе кĕтсе илет. Иртнĕ çулта колхоз акакан çĕр лаптăкĕнчен вăтам шутпа 14.44-шер центнер тырă туса илнĕ. Тырпул тухăçлăхĕ кăçал чылай пысăкрах пулмалла.

Çуркуннне колхозăн 486 гектар тырă акмалла. Çав лаптăка пĕтĕмпех кĕрхи çĕртме туса хăварнă. Иртнĕ кунсенче çуракинче акма вăрлăх хатĕрлесе çитерчĕç. Хальхи вăхăтра нумай колхозниксем уя тислĕк кăларнă çĕрте ĕçлеççĕ, вырăнти удобренисем хатĕрлемелли пур майсемпе те усă курма тăрăшаççĕ. Минераллă удобренисем чылай кӳрсе килнĕ.

Колхозра суйлав умĕнхи социализмлă ăмăрту сарăлса пырать.

**Г. РУСАНОВ.**

## Вăрман хатĕрлевĕ

КĔРКУННЕПЕ ХĔЛЛЕХИ ВĂХĂТРА ВĂРМАН ХАТĔРЛЕМЕЛЛИ ПЛАНА «ЧĂВАШВĂРМАН» ТРЕСТ ЕНĔПЕ 1953 ÇУЛХИ ФЕВРАЛĔН 1-мĕшĕ ТĔЛНЕ ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН

СВОДКА
(процентпа)

| Районсем | Касса хатĕрленĕ | Çул хĕррине илсе тухнă | Турттарса кăларнă |
|---|---|---|---|
| Улатăр | 37,4 | 47,3 | 39,4 |
| Элĕк | 43,4 | 27,2 | 26,0 |
| Вăрнар | 44,5 | 33,2 | 41,4 |
| Йĕпреç | 37,5 | 19,9 | 22,7 |
| Ишлей | — | — | 36,4 |
| Калинино | 40,6 | 51,7 | 37,7 |
| Канаш | 50,1 | 22,6 | 27,5 |
| Комсомольски | 89,3 | 44,5 | 69,2 |
| Куславкка | 112,7 | 57,9 | 95,0 |
| Красноармейски | 36,3 | 5,2 | 25,2 |
| Хĕрлĕ Чутай | 48,6 | 18,9 | — |
| Кувакино | 36,9 | 20,4 | 36,7 |
| Сĕнтĕрвăрри | 79,2 | 60,2 | — |
| Муркаш | 78,7 | 70,1 | — |
| Октябрьски | 78,8 | 66,1 | 32,1 |
| Первомайски | 72,9 | 34,7 | 38,6 |
| Пăрачкав | 58,0 | 59,1 | 15,5 |
| Советски | 40,5 | 60,2 | 17,1 |
| Сĕнтĕр | — | 25,8 | — |
| Вăрмар | 61,0 | 15,9 | 41,7 |
| Çĕрпӳ | 27,7 | 10,6 | 31,9 |
| Шупашкар | 136,6 | 123,8 | 122,6 |
| Чкаловски | 92,6 | 46,9 | 36,9 |
| Чурачăк | 56,3 | 33,3 | 70,7 |
| Шăмăршă | 57,4 | 15,8 | 54,9 |
| Шăхасан | 54,8 | 24,3 | 31,0 |
| Çĕмĕрле | 66,5 | 75,7 | 101,5 |
| Етĕрне | — | 18,8 | 36,4 |
| Елчĕк | 23,6 | 85,1 | 26,9 |
| Тăвай | 38,6 | 8,9 | 26,7 |

## Малта пыракан колхоз

ВАРНАР. Мăн Турханти Ленин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем вăрман хатĕрлевĕнче çулсеренех малта пыраççĕ. Çак сезонта вĕсем Машавăш вăрман пунктĕнче ĕçлеççĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисемпе хавхаланса, колхозниксем Тăван çĕршыва планран ирттерсе йывăç хатĕрлесе пама пулнă. Колхозниксем пурте тухăçлă ĕçлеççĕ. Вĕсем ĕçе ир-ирех тухаççĕ те тĕттĕм пулмасăр та тавранмаççĕ. И. Ильдуганов, М. Тихонов, Г. Алексеев, Н. Миронова, О. Антонова тата К. Матвеев колхозниксем ĕç нормине куллен ирттерсе тултараççĕ. М. Димитриев бригадир колхозниксем тунă ĕçе вăхăтра тата тĕрĕс шута илет, ăмăрту мĕнле пыни çинчен кашни кунах пĕлтерсе тăрать. Колхоз членĕсем 1.850 кубометр ытла йывăç касса хатĕрлерĕç.

Каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухас тата турттарса кăларас ĕçре те вĕсем паха тĕслĕх кăтартаççĕ. Малтанхи вăхăтра сакăр лавпа ĕçленĕ. Комсомольски районĕнчи колхозниксем чĕнсе каланине сӳтсе явнă хыççăн, колхоз правленийĕ 29 лав хушса ячĕ. Халĕ вăрманта 37 лавпа ĕçлеççĕ. Лавçăсем хушшинче вăрман турттармалли плана вырăнти Советсен суйлав кунĕ тĕлне тултарассишĕн социализмлă ăмăрту сарăлнă. Чылай лавçăсем ĕç нормине 120—140 процент тултараççĕ. Агитаторсем парти съезчĕн решенийĕсем çинчен калаçусем ирттереççĕ, хаçатсем вуласа параççĕ, малта пыракансен опычĕсемпе паллаштараççĕ.

Райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕ вăрман хатĕрлевĕнче паха тĕслĕх кăтартнăшăн Ленин ячĕпе тăракан колхоза куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялав пачĕç. Колхозниксем Хĕрлĕ ялава хăйсен аллинчех тытса тăрассишĕн кĕрешеççĕ.

**П. НИКОЛАЕВ.**

## *Ăмăрту сарăлса пырать*

ОКТЯБРЬСКИ. Районти колхозниксем вырăнти Советсен суйлав кунне вăрман хатĕрлевĕнче çĕнĕ ситĕнӳсем тунипе кĕтсе илессишĕн кĕрешеççĕ. Колхозсемпе бригадăсем хушшинче социализмлă ăмăрту сарăлса пырать. Юлашки вăхăтра Йĕпреç вăрманпромхозне чылай колхозниксем тухса кайрĕç.

Пĕр уйăх каялла «Звезда» колхозран вăрман хатĕрлеме икĕ бригада организацилесе ячĕç. Вĕсем йывăç касса хатĕрлемелли, çул хĕррине илсе тухмалли тата турттарса кăлармалли плана январĕн 25-мĕшĕ тĕлне ирттерсе тултарчĕç. Çак колхоз членĕсен примерĕпе ытти чылай колхозсем те суйлав умĕнхи ăмăртăва анлăн сарса ячĕç. «Знамя» колхоз членĕсем йывăç касса хатĕрлемелли плана январĕн 25-мĕшĕ тĕлне ирттерсе тултарчĕç. «30 лет Чувашии», «Социализм», Калинин ячĕпе тăракан колхозсем йывăç касса хатĕрлемелли плана ирттерсе тултарчĕç. «Социализм» колхоз йывăç турттармалли плана 80 процента яхăн тултарчĕ. Киров ячĕпе тăракан колхозри лавçăсем каснă йывăça çул хĕррине илсе тухмалли плана 111 процент тултарнă.

Чкалов ячĕпе тăракан колхозри комсомол организацийĕнче комсомолецсен усă пухăвĕ пулса иртнĕ. Унта 60 çамрăк ытла пулнă. Комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксем вăрман хатĕрлемелли плана суйлав кунĕ тĕлне ирттерсе тултарма обязательство йышăннă. Тепĕр кунне 17 çамрăк вăрман хатĕрлеме кайнă. Халĕ çамрăксем Йĕпреç вăрманпромхозĕнче тăрăшса ĕçлеççĕ.

**В. АНДРЕЕВ.**

## Болгарири отечественнăй фронтăн ĕçĕсем

СОФИЯ, февралĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Отечественнăй фронтăн иккĕмĕш конгресне пухнăранпа паян 5 çул тултарнă. Çав конгресра отечественнăй фронтран пĕрлĕхлĕ обществăллă-политикăллă организаци туса хума йышăннă.

Иртнĕ çулсем хушшинче отечественнăй фронт Болгарири ĕçсыннисен чи массăллă организацийĕ пулса тăнă. 1948 çулта фронт 800 пин çынна пĕрлештерсе тăнă, хальхи вăхăтра ун речĕсенче 2.200 пин çын шутланать.

Отечественнăй фронт Болгарири ĕçсыннисене социализмлă строительствăшăн кĕрешме мобилизацилет. Отечественнăй фронтăн сутĕç кружокĕсем тата вулакансен ушкăнĕсем 1951—1952 çулсенче 500 пин çынна ахăн явăçтарнă. 1950 çулта кружоксен хисепĕ тата ытларах ÿснĕ.

Отечественнăй фронтăн организацийĕсем И. В. Сталин юлташăн «СОР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине пропагандăлас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса иртте-реççĕ.

## Польшăри рабочисен пуçарулăхĕ

ВАРШАВА, февралĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Социализм никĕсĕсене тумалли ултă çуллăх планăн тăваттăмĕш çулĕн заданийĕсене пурнăçласа, Польша Халăх Республикинчи ĕçсыннисем рационализаторсемпе изобретательсен юхăмне активлăн хутшăнаççĕ.

Иртнĕ çулта ĕçре малта пыракан рабочисем 125 пин рационализаторла сĕнÿ панă. Ку вăл 1951 çулхинчен икĕ хут ытларах пулать. Производствăра 60 пин рационализаторла сĕнÿпе усă курни Польша халăх хуçалăхĕнче 850 миллион злотых ахăн укçа перекетлесе хăварма май панă.

Металлурги промышленноçĕнче кокспа çĕр кăмрăкне расходлассине чакарассишĕн пыракан юхăм саралать. Çак юхăма республикăри нумай металлурги предприятийĕсем хутшăнаççĕ. Костюшко ячĕпе тăракан металлурги комбинатĕнчи домна кăмакисен коллективĕсем, «Бобрек», «Заверце» завод коллективĕсем топливăна кирлĕ пек расходлас енĕпе чылай çитĕнÿсем тунă.

Пир-авăр промышленноçĕнчи рационализаторсемпе изобретательсен юхăмĕ анлă саралнă. Пир-авăр фабрикисенчи малта пыракан рабочисем 11 уйăх хушшинче кăна 2 пин ытла рационализаторла сĕнÿ панă. Рабочисемпе техниксен нумай изобретенийĕсем машинăсемпе механизмсен ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулăшаççĕ. Сĕнÿсенчен нумайăшне пăхса тухнă ĕнтĕ, вĕсемпе производствăра усă кураççĕ. Рационализаторсен сĕнĕвĕсемпе усă курнине пула халăх хуçалăхĕ валли темиçе миллион злотых перекетлесе хăвараççĕ. Рационализаторла сĕнÿсен авторĕсем — пир-авăр промышленноçĕнчи производство новаторĕсем хăйсен сĕнĕвĕсемшĕн пĕтĕмпе 500 пин злотых чухлĕ преми илнĕ. Мархлевский ячĕпе тата Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе тăракан пир-авăр фабрикисенчи рабочисем изобретательствăна сарса пырас çĕрте пысăк ĕç тунă. Çак икĕ предприятири ĕçре малта пыракансем рационализаторла сĕнÿсем пин ытла панă.

Промышленноçăн тĕрлĕ отраслĕсенчи нумай предприятисенче рационализаторсен бригадисене тăваççĕ. Хальхи вăхăтра çĕршыври фабрикăсемпе заводсенче кун пек бригадăсем 5 пине яхăн ĕçлеççĕ. Рационализаторсен бригадисем 4 пин сĕнÿ ытла палăртнă. Çав сĕнÿсемпе усă курнине пула çĕнĕ йышши промышленность продукцине туса кăларассине йĕркеленĕ, производствăн çĕнĕ технологине йĕркеленĕ Çакăн пек технологи чĕртавар, топливо, уйрăмах хаклă материалсем расходлассине чылай чакарма май панă.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, февралĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем хĕвелтухăç фронтĕнчи чылай участоксенче Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç оборонăра тăрса çапăçнă.

Америкăн сывлăшри вăрă-хурахĕсем икĕ кун хушши — февралĕн 1-мĕшĕпе 2-мĕшĕсенче — Хванхэ провинцийĕнчи мирлĕ ялсем çине пырса тапăннă, вăл ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахнă тата пулеметсенчен пенĕ. Çавна пула пурăнмалли вуншар çуртсене çунтарса янă, ватă çынсем, хĕрарăмсемпе ачасем нумай вилнĕ.

Халăх çарĕсен зенитнăй чăсĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 5 самолетне персе ÿкернĕ, 6 самолетне сиенленĕ.

ПХЕНЬЯН, февралĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чăсĕсемпе пĕрле иртнĕ кун хушшинче мĕнпур фронтсенче Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç çапăçнă.

Паян Америкăн сывлăшри вăрă-хурахĕсем Кăнтăр Хамген провинцийĕнчи мирлĕ хуласемпе ялсем çине каллех пырса, тапăннă, тискеррĕн бомбăсем пăрахнă тата пулеметсенчен пенĕ. Вилнисемпе аманнисем нумай. Пурăнмалли çуртсене нумай ишĕлтернĕ.

Халăх çарĕн зенитнăй чăсĕсем тăшманăн 4 самолетне персе ÿкернĕ, 3 самолетне сиенленĕ.

## Америка интервенчĕсен Корейăри тискерлĕхĕ

ПХЕНЬЯН, февралĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Паян ирхине Америка самолечĕсем Нампхо районĕнчи ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахнă. Вилнисемпе аманнисем пур. Хресченсен вуншар çурчĕсене ишĕлтернĕ.

Корейăри Центральнăй телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Америка интервенчĕсем Çурçĕр Корейăри мирлĕ халăх пурăнакан ялсемпе хуласем çине бомбăсем пăрахассине вăйлатсах пыраççĕ. Январĕн 23-мĕшĕнче Америка самолечĕсем Мэнсон уездĕнчи (Кăнтăр Пхенан провинцийĕ) Донлин вулăсĕнчи ялсем çине пырса тапăннă. Уй-хирте ĕçлекен хресченсем çине пулеметсенчен пенĕ. Январĕн 24-мĕшĕнче Америка самолечĕсем Чжунхва уездĕнчи Ионен вулăсĕнчи ялсем çине тата Тенон уездĕнчи (Кăнтăр Пхенан провинцийĕ) Лилевон вулăсĕнчи ялсем çине бомбăсем пăрахнă. Январĕн 25-мĕшĕнче Черсан уездĕнчи (Çурçĕр Пхенан провинцийĕ) Черсан вулăсĕнчи ялсем çине бомбăсем пăрахнă. Январĕн 27-мĕшĕнче Америка бомбардировщикĕсем Саривонь тата Хамхын хулисем çине пырса тапăннă. Америка самолечĕсем çĕршыври мирлĕ халăх пурăнакан ытти хуласемпе ялсем çине те бомбăсем пăрахаççĕ.

ПХЕНЬЯН, февралĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Америка авиацийĕ Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине тата пулăçăсен поселокĕсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахма тата пулеметсенчен пеме чарăнмасть. Кăçал Вонсан çине тата ун сывăхĕнчи ялсем çине 10 хут ытла тискеррĕн пырса тапăннă. Америка çар карапĕсем хула çине кашни кунах персе тăраççĕ.

Корейăри Центральнăй телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, январĕн 20-мĕшĕнче иркине Америкăн 16 бомбардировщикĕ ишĕлчĕк куписем пулса юлнă Вонсан çине икĕ сехет хушши бомбăсем пăрахнă тата пулеметсенчен пенĕ. Кăнтăрла 3 сехетре Америкăн 20 штурмовикĕ хулапа унăн çывăхĕнчи ялсем çине 100 бомба ытла пăрахнă, землянкăсенче пурăнакан халăх çине пулеметсенчен пенĕ. Çавна пула 17 ача, хĕрарăмсемпе ватă çынсем нумай вилнĕ. Çав кунах, самолетсем сывлăшран пырса тапăнман вăхăтра, çар карапĕсем хула çине орудисенчен персе тăнă.

Тепĕр кунне Америка самолечĕсем Вонсан çине каллех бомбăсем пăрахнă, çав вăхăтрах хула çине карап çинчи орудисенчен персе тăнă. Хресченсен тăмран тунă 100 ытла çуртне тата нумай землянкăсене ишĕлтернĕ. Январĕн 23-мĕшĕнче тул çутăлнă чухне Вонсан хулипе унăн çывăхĕнчи ялсем çине Америка самолечĕсем каллех бомбăсем пăрахнă тата пулеметсенчен пенĕ.

## Америка оккупанчĕсен пусмăрĕнче

### Кăнтăр Корейăри экономика юхăнни

ПХЕНЬЯН, февралĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Америка интервенчĕсемпе Ли Сын Ман шайки вăрçа малалла тăсас политика тытса пынине пула, Кăнтăр Корейăри экономика юхăнса çитнĕ.

Ли Сын Ман «правительстви» вăрçă тĕллевĕсем валли вĕçĕмсĕр укçа парса тăнине пула, тесе çырать «Нодон синмун» хаçат, хут укçа нумайланнă, унăн хакĕ чакнă. Ли Сын Ман режимĕн финанс системи пĕтĕмпех юхăнса çитес çул çинче тăрать.

Вăрçă расхочĕсене пула Кăнтăр Корейăри халăх питĕ пысăк йывăрлăхсем тÿсет. Кăнтăр Корейăра вăтам шутпа 5 çынтан тăракан кашни çемье пурĕ 850 пин вона таран тĕрлĕ налогсем тÿлет.

1952 çулхи август уйăхĕ вĕçне Кăнтăр Корейăра çынсен аллинче 720 миллиард вона чухлĕ укçа çÿренĕ, урăхла каласан вăл Ли Сын Ман шайки вăрçă пуçланă чухнехинчен 13 хут ытларах пулать. Тепĕр икĕ уйăхран, 1952 çулхи октябрь уйăхĕнче, Кăнтăр Корейăра çынсен аллинче çÿрекен укçа 843.100 миллиард вона çитнĕ. Кăнтăр Корейăри укçа хакĕ уйăхран уйăха йÿнелсе пырать. 1950 çулхи сентябрь уйăхĕнче Америка долларĕн хакĕ 1.800 вона чухлĕ пулнă пулсан, 1951 çулхи апрель уйăхĕнче унăн хакĕ 6 пин вона чухлĕ пулнă. 1951 çулхи октябрь уйăхĕнче Америка долларĕн хакĕ рыноксенче 13 пин вона чухлĕ, 1952 çулхи июль уйăхĕнче 20 пин вона чухлĕ пулнă.

Экономика юхăнни тата хут укçа нумайланса йÿнелнине пула таварсен хакĕсем питĕ нумай ÿснĕ. Финанс системи пĕтсе ларассине çăлса хăварас тесе, Ли Сын Ман шайки çаратуллă ĕçсем тума чарăнмасть. Çавна пула ĕçсыннисен анлă массисем чухăнлансах пыраççĕ. Кăнтăр Корейăри мĕнпур провинцисенче «укçа-тенкĕ перекетлесе хăварас тĕлĕшпе иртterекен кампание пулăшакан комиссисем» тунă. Вăл комиссисем кашни хресчен хуçалăхне обязательнăй йĕркепе государство кассисене укçа-тенкĕ «хывма» хушаççĕ. Çав укçана хресченсем каялла илеймеççĕ.

## Боливири лару-тăру

НЬЮ-ЙОРК, февралĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентствин Ла-Пасри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Боливи президенчĕ Пас Эстенсоро çапла пĕлтернĕ: Ла-Пасра правительствăна хирĕç тунă çĕнĕ кавара тупса палăртнă. Хĕçпăшаллă вăйсен представителĕсемпе çыхăнса ĕçленĕ темиçе çынна арестленĕ. Арестленĕ çынсем хушшинче «республиканецсемпе социалистсен союзĕ» ятлă реакциллĕ партин хăшпĕр лидерĕсем пур. Вăл партин членĕсем кăçалхи январĕн 6-мĕшĕнче правительствăна хирĕç тунă кавара хутшăннă. Вăл кавар путланса ларнă пулнă.

## Хĕвеланăç Европăри çĕршывсенче шыв илни

ЛОНДОН, февралĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви çапла пĕлтерет: Англире тата Голландире шыв илнĕ пирки 75.000 çын çурт-йĕрсĕр тăрса юлнă тесе шутлаççĕ. Юлашки вăхăтра çил лăпланнă, хăшпĕр çĕрте шыв чакнă. Çавна пула çынсене çăлас ĕç кăштах çăмăлланнă. Çынсене çăлас ĕçе çар чăсĕсем те хутшăнаççĕ.

БРЮССЕЛЬ, февралĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, вăйлă çил-тăвăл пулнă тата шыв илнĕ пирки Бельгире 20 çын вилнĕ. Пиншер çынсем çурт-йĕрсĕр тăрса юлнă. Остенде, Антверпен тата ытти портсене хытă сиенленĕ. Шыв илнĕ пирки çĕршыва кÿнĕ сиен çĕршер миллион франк шутланать.

«Драпо руж» хаçат Бельгири ĕçсыннисем, уйрăммăнах пулăçăсем стихийăна хирĕç паттăррăн кĕрешнине палăртать. Антверпенра трамвайсем çинче ĕçлекенсем сиен курнă халăха пулăшас шутпа, забастовка тума чарăнма йышăннă. Вĕсем ĕç укçи ÿстерме требовани лартса темиçе кун хушши забастовка тунă пулнă. Забастовка тăвакансем çапла пĕлтернĕ: лару-тăру йĕркеленсен, вĕсем каллех трамвай компанийĕ умне хăйсен требованийĕсене кăларса тăратĕç.

Бельгин хĕвеланăç çыранĕнче питĕ вăйлă çил-тăвăл пулнă вăхăтра Льеж, Лимбург провинцийĕсенче, Арденн районĕнче халиччен пулман çил-тăман тухнă. Юр хăшпĕр çĕрте 2—4 метр тарăнăш хÿсе лартнă. Çавна пула чугун çул, шоссе тăрăх çÿресси тата хула транспорчĕн ĕçĕ чарăнса ларнă. Юр хÿсе лартнă çулсем тăрăх çÿреме çук.

ЛОНДОН, февралĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви çапла пĕлтерет: Гринвич вăхăчĕпе 10 сехет те 30 минут тĕлне илнĕ хыпарсем тăрăх, Англире шыв илнине пула 298 çын вилнĕ.

ПАРИЖ, февралĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Гаага хулинчен çапла пĕлтерет: кунта илнĕ сведенисем тăрăх, Голландире шыв илнине пула вилнĕ çынсен хисепĕ 1.500 çынна çитнĕ.

ПАРИЖ, февралĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Браззавильри радио пĕлтернĕ тăрăх, Тилберире (Англи) шыв илнĕ пирки нефть тасатакан завод ишĕлнĕ. Çав завод Европăри нефть тасатакан заводсенчен чи пысăкки пулнă.

ПАРИЖ, февралĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Парижри радио çапла пĕлтерет: малтанлăха шутланă тăрăх, шыв илнине пула Çурçĕр-Хĕвеланăç Европăри тинĕс хĕрринчи районсенче 2,5 пин çын вилнĕ е хыпарсăр çухалнă. Унсăр пуçне тата темиçе çĕр çын вилнĕ тесе шутлаççĕ.

Голландире шыв илни Зейланд провинцине тата çĕршывăн çурçĕр пайĕнчи хуласене уйрăммăнах пысăк сиен кÿнĕ.

Оверфлаке çурутравĕн хĕвелтухăç çыранĕн çурçĕр пайĕнче дамба çĕмĕрĕлнĕ. Çав вырăнтан шыв питĕ вăйлă кĕрлесе юхма тытăннă. Шыв хăйĕн çулĕ çинчи мĕнпур сооруженисемпе çурт-йĕрсене çĕмĕрет. Дамба çывăхĕнче пулнă нумай çурт-йĕрсем ишĕлсе аннă. Голландире тинĕс хĕрринчи нумай районсенче лару-тăру малтанхи пекех питĕ йывăр. Голландин премьер-министрĕ çапла пĕлтернĕ: сиен курнă районсенчен 50 пин çынна ытла яланлăхах урăх çĕре куçармалла пулать.

Англире нумай вырăнта шыв чакнă, анчах унта тепĕр хут шыв илессинчен шикленеççĕ, мĕншĕн тесен вăйлă çил-тăвăл пулнă пирки дамбăсем нумай çĕрте çĕмĕрĕлнĕ.

## Чехословакипе Финлянди хушшинче суту-илÿ килĕшĕвĕ тунă

ХЕЛЬСИНКИ, февралĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Хельсинкире Финляндипе Чехословаки хушшинче 1953 çулта таварсем улăштарса тăрасси çинчен тунă килĕшÿ çине алă пуснă. Çак килĕшÿ тăрăх Финлянди Чехословакие парса тăмалли таварсен хакĕ 900 миллион ытла маркăлăх пулать. Финлянди Чехословакие пуринчен ытларах йывăçран япаласем тăвакан промышленность валли машинăсем парса тămалла.

Финлянди Чехословакирен 3,25 миллиард маркăлăх тавар илет. Финлянди Чехословакирен тракторсем, автомобильсем, машинăсем, тĕрлĕрен оборудовани, химикатсем тата ытти таварсем те илсе тăрать.

1952 çулта Финляндипе Чехословаки хушшинче 3.190 миллион маркăлăх тавар улăштарнă. Халĕ тунă килĕшÿ тăрăх икĕ çĕршыв хушшинче таварсем улăштарса тăрасси иртнĕ çулхинчен 35 процент ытларах пулмалла.

## Албанире Тито шпионĕсемпе диверсанчĕсен ушкăнне тытнă

ТИРАНА, февралĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем Албани Халăх Республикин шалти ĕçсен министерстви пĕлтернине пичетлеççĕ. Унта каланă тăрăх, юлашки вăхăтра государствăн хăрушсăрлăх органĕсем ĕçсыннисем пулăшнипе 20 шпионпа диверсанта тытнă. Çак шпионсемпе диверсантсем çумĕнче тупнă документсем тăрăх çакна палăртнă: вĕсене Титон шпионла центрĕсенче вĕрентсе хатĕрленĕ, ун хыççăн шпионажпа террор тата диверсиллĕ ĕçсем тума Албани территорине янă.

Пĕлтернинче çав шпионсемпе диверсантсен ячĕсене кăтартса панă. Шпионсемпе диверсантсем пурте — шултра феодалсем, фашистла оккупаци çарĕнче офицер пулнă çынсем. Вĕсем Югославине тарса унта службăра тăнă. Вĕсене Тито разведки хăй патне ĕçлеме илнĕ пулнă.

### ЭЙЗЕНХАУЭР ПРЕЗИДЕНТ США КОНГРĔСНЕ ЯНĂ ÇЫРУ

ВАШИНГТОН, февралĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Эйзенхауэр президент конгреса «çĕршыври лару-тăру çинчен» çыру янă. Унта США-н çĕнĕ правительстви тытса пыма палăртакан тулашри тата шалти политикăн тĕп ыйтăвĕсем çинчен çырнă. Президент хăйĕн çырăвĕнче США-н çар политикин, Корейăри вăрçăн ыйтăвĕсем çинче, «Хĕвеланăç Европăри çĕршывсемпе килĕштерсе ĕçлемелли» ыйтусем çинче, экономикăпа суту-илÿ ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăрать.

## Индири выçлăх

ДЕЛИ, февралĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). «Хиндустан таймс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх Шолапур районĕнчи (Бомбей штачĕ) 954 ялтан 659 ялта пурăнакансем выçăпа аптраççĕ. Ку районти 1,5 миллион çынтан пĕр миллион çын выçă пурăнать.

## Пĕтĕм тĕнчери шахмат турнирĕнче

БУХАРЕСТ, февралĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Пĕтĕм тĕнчери шахмат турнирĕн улттăмĕш вăййинче Совет Союзĕн çамрăк шахматисчĕ Спасский Троянескупа (Румыни) выляна. Партие тепĕр вăхăта хăварнă.

Совет гроссмейстерĕ И. Болеславский 27 хут çÿренĕ хыççăн Рейхера (Румыни) çĕнтернĕ. В. Смысловпа Рэдулеску (Румыни) хушшинчи партире шахматистсем пĕр-пĕрне çĕнтереймен тесе йышăннă. Çавăн пекех Петросянпа (СССР) Чоколтя (Румыни) хушшинчи парти те пĕрне-пĕри çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ. Швеци шахматисчĕ Штольц Голомбека (Англи) çĕнтернĕ. Л Сабо (Венгри) Шайтартан (Чехословаки) выляса илнĕ.

Толушпа Милев (Болгари) хушшинчи партие тепĕр вăхăта хăварнă.

Барцапа (Венгри) О'Келли (Бельги) хушшинчи парти пĕрне-пĕри çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ.

Ш. Сабо (Румыни) Барда (Норвеги) хушшинчи, Сливапа (Польша) Филипп (Чехословаки) хушшинчи партисене тепĕр вăхăта хăварнă. Çав партисенче Румыни тата Польша мастерĕсем çĕнтерме пултараççĕ.

БУХАРЕСТ, февралĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Пĕтĕм тĕнчери шахмат турнирĕн çиччĕмĕш вăййине иртternĕ.

Смыслов гроссмейстер Румыни шахматистне Троянескуна çĕнтернĕ. Петросян гроссмейстер Милева (Болгари) çĕнтернĕ, Толуш Филиппран (Чехословаки) выляса илнĕ.

Спасскипе (СССР) Шайтар (Чехословаки) хушшинчи парти пĕрне-пĕри çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ. Болеславский гроссмейстерпа Польша шахматисчĕ Слива хушшинчи партие тепĕр вăхăта хăварнă. Ку партире Болеславский гроссмейстерăн çĕнтерме шанчăк пур.

Венгри гроссмейстерĕ Л. Сабо 35 хут çÿренĕ хыççăн Штольцран (Швеци) выляса илнĕ. Румыни чемпионĕ Чоколтя Рэдулескуна (Румыни) çĕнтернĕ.

Венгри мастерĕ Барца Бардаран (Норвеги) выляса илнĕ. Ш. Сабопа (Румыни) Голомбек (Англи) хушшинчи партие тепĕр вăхăта хăварнă. О'Келлипе (Бельги) Рейхер (Румыни) хушшинчи парти пĕрне-пĕри çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ.




Нумай пулмасть Алма-Ата хули çывăхĕнче конькипе чупакансен ăмăртăвĕ пулнă. Ăмăртăва чи вăйлă спортсменсем хутшăннă.

**Юрий Сергеев** (Мускав спортсменĕ) 500 метр ăмăртса чупнă чухне чаплă çитĕнÿ тунă. Вăл çав дистанцие 40,9 секундра чупса тухнă. Ку вăл—тĕнчери çĕнĕ рекорд.

Юрий Сергеев 1952 çулхи январьте çав каток çинчех 500 метр дистанцие 41,2 секундра чупса тухнă, тĕнче рекордсменĕ пулса тăнă.

**Римма Жукова** 3.000 метр дистанцие 5 минут та 13,8 секундра чупса тухнă. Çакă Совет Союзĕнчи конькипе чупакан спортсменка тунă çĕнĕ чаплă çитĕнÿ тата тĕнчери çĕнĕ рекорд пулать.

Римма Жукова 5.000 метр дистанцие 9 минут та 1,6 секундра (тĕнче рекордсменĕ шутланнă Т. Карелинăран 9,1 секунд хăвăртрах) чупса тухнă. Вăл темиçе дистанцире ăмăртса чупнă хыççăн, 204,010 очко пухса, конькипе ярăнакан хĕрарăмсем хушшинче пĕтĕм тĕнчипе чаплă çитĕнÿ тунă.

Римма Жукова—хамăр çĕршывăн 1953 çулхи абсолютнăй чемпионĕ.

**Б. Шилков,** тăватă дистанцире ăмăртса чупнă хыççăн, 190,068 очко пухса, арçынсем хушшинче пĕррemĕш вырăна тухнă. Вăл çĕршывăн абсолютнăй чемпионĕ ятне тата Казах ССР Министрĕсен Совечĕн призне илнĕ.

(ТАСС фотохроники).

## СССР чемпионĕн ятне илессишĕн

Февралĕн 4-мĕшĕнче Совет Çарĕн Центральнăй Çурчĕн концертсем иртterекен залĕнче шахмат енĕпе СССР чемпионĕн ятне илессишĕн пыракан ăмăртăвăн улттăмĕш партине выляна.

23 хут çÿренĕ хыççăн тĕнче чемпионĕ Ботвинник Тайманова пĕрне-пĕри çĕнтереймен тесе йышăнма сĕнÿ панă. Анчах çамрăк гроссмейстер çак сĕнÿпе килĕшмен.

5 сехет хушши пынă кĕрешÿ хыççăн партие выляса пĕтереймен. Ботвинник хăй 41-мĕш хут çÿрени çинчен çырса хунă.

Февралĕн 5-мĕшĕнче Совет Çарĕн Центральнăй Çуртĕнче шахмат енĕпе СССР чемпионĕн ятне илессишĕн пыракан ăмăртăвăн çак таткăлă партине выляса пĕтермелле. (ТАСС).

## Государство пулăшăвĕ

Партипе правительство вăрçă инвалидĕсемпе вĕсен çемйисемшĕн куллен тăрăшаççĕ. Çакна кашни колхоз, район пурнăçĕнче аван курма пулать. Комсомольски районĕнче вăрçă инвалидĕсемпе фронтра вилнĕ воинсен çемйисене 1952 çулта 1.840.724 тенкĕ парса пулăшнă.

Колхозсенчи пулăшу кассисен вăйĕпе 82 çемьене çĕнĕ пÿртсем лартса панă, 105 пÿрт юсанă. Тăлăхсене, ватă пирки ĕçлейми пулнисене 155 кубометр вутă уйăрса панă, пин кубометр ытларах вутă турттарса панă. Чылай инвалидсемпе тăлăх ачасене ăшă кĕпе-тумтир, выльăх-чĕрлĕх парса пулăшнă, 1.874 центнер тĕрлĕ çимĕçсем, 39.177 тенкĕ укçа панă.

Çак тĕлĕшпе районта Маленков ячĕпе, Жданов ячĕпе, Киров ячĕпе тăракан колхозсенчи пулăшу кассисем лайăх ĕçлеççĕ. Кунта пулăшу кассисен членĕсен вăйĕпе темиçе çемьене пÿрт лартма, выльăх-чĕрлĕх туянма, килти ĕçсене тума пулăшнă, тăлăхсене кĕпе-тумтир нумай илсе панă.

Ш. НИЗУКОВ.

## Самообложени укçи пухаççĕ

ЧУРАЧАК. Шуркасси ял Советĕнчи кашни ялта пуху иртterесе, 1952 çулта самообложени укçипе мĕнле усă курни çинчен отчет итлерĕç, 1953 çулшăн самообложени укçи хурас ыйтăва сÿтсе яврĕç.

Ял Совечĕ иртнĕ çулта 7.466 тенкĕ пухса, вăл укçаран 1.265 тенкĕ шкулсене юсама панă, çĕнĕрен тăхăр çăл, пĕр кĕпер тутарнă, пушарпа кĕрешмелли хатĕрсем туяннă. Кăçал ял Советĕнче 7.570 тенкĕ самообложени укçи пухма йышăннă. Вăл укçаран 75 процентне шкулсене юсама, 25 процентне пушарпа кĕрешмелли хатĕрсем илме расходламалла.

Халĕ колхозниксем самообложени укçи тÿлеме тытăнчĕç. Пин тенке яхăн пухăнчĕ те. И. Ефимова, С. Кириллов, П. Александров, Р. Евстафьев юлташсем самообложени укçине пуринчен малтан парса татрĕç.

Ф. СЕМЕНОВ.

## Техникумри фотокружок

Шупашкарти кооператив техникумĕнче темиçе çул ĕнтĕ фотокружок ĕçлет. Кружока физикăпа математика преподавателĕ Н. Михайлов юлташ ертсе пырать. Иртнĕ çул кружокра 12 член пулнă, кăçал 20 члена çитнĕ. Кружок членĕсем Шупашкар районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоза фотовитрина туса пачĕç. Унта пĕрлешсе пысăкланнă колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана мĕнле пурнăçланине, колхозлă ялăн сăн-сăпачĕ улшăнса çĕнелнине кăтартакан, вăйлă тырпул туса илекенсен фотоÿкерчĕкĕсене курма пулать.

Техникумра физкультурăпа спорт ĕçĕ аталанса пынине тата Шупашкар хули иртнĕ пилĕк çул хушшинче çĕнелнине кăтартакан фотоÿкерчĕксенчен темиçе витрина турĕç. Халĕ фотокружок членĕсем агитаторсем суйлавçăсем патĕнче каласусем иртterнине кăтартакан тата пултарулăх коллективĕ концерт панă вăхăтри ÿкерчĕксенчен çĕнĕ витрина тума тытăнчĕç.

В. ВАРСОНОФЬЕВ.

### СИМĔС СУХАН

Шупашкарти магазинсенче час-часах симĕс сухан сутнине курма пулать. Столовăйсене те ăна çитерĕклех параççĕ. «Ăçта ÿстереççĕ ку симĕс сухана çак шартлама сивĕре?»—ыйтаççĕ тепĕр чухне сухан илекенсем.

Чапаевски поселокри теплицăра хĕл пуçламăшĕнчех пахча çимĕçсем ÿстерме тытăннă. Малтанах сухан лартса ÿстернĕ. Çĕнĕ çул тĕлне сухан питĕ лайăх ÿсе çитнĕ, ăна хулари магазинсенче сутма пуçланă. Столовăйсене те панă. Иртнĕ уйăхра 1.600 килограмм ытла сухан сутнă.

Халĕ теплицăра ытти тĕрлĕ пахча çимĕçсем ÿстерес тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

— Март уйăхĕнче хăяр татмалла пулать,—тет кунта ĕçлекен агроном Андреев юлташ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.




РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00984 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.